ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛЕШЕР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

«Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1956 ҫул
Январь
11
юнкун
№ 8 (9687)
Хакӗ 20 пус.
38-мӗш ҫул тухать.

**Паянхи номӗрте:**



## *Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗпе КПСС обкомӗнче*

## Республикӑри районсем 1955 ҫулхи октябрь—декабрь уйӑхӗсенче выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес енӗпе ӑмӑртса ӗҫленин итогӗсем ҫинчен

Республикӑри районсем 1955 ҫулхи октябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа 1956 ҫулхи январӗн 1-мӗшӗччен выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илессине ӳстерессишӗн ӑмӑртса ӗҫленин итогӗсене пӑхса тухнӑ май, Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗпе КПСС Чӑваш обкомӗ «1955—1956 ялхуҫалӑх ҫулӗнче выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетекен работниксен социализмла ӑмӑртӑвне организацилесси ҫинчен» 1955 ҫулхи декабрӗн 15-мӗшӗнче йышӑннӑ постановлени тӑрӑх, Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗпе КПСС обкомӗн куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялавне ҫак районсене пама йышӑннӑ:

1. **Сӗт суса илес енӗпе—Вӑрнар районне.** Ҫак район 1955 ҫулхи октябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа 1956 ҫулхи январӗн 1-мӗшӗ тӗлне кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне 1.159 килограмм, кашни ӗне пуҫне вӑтам шутпа 221 килограмм сӗт суса илнӗ, государствӑна сӗт памалли тата сутмалли плана 105,0 процент тултарнӑ.

Ҫӗрпӳ тата Улатӑр районӗсем ӗнесенчен сӗт суса илес енӗпе лайӑх ӗҫленине палӑртас.

Ҫӗрпӳ районӗ 1955 ҫулхи октябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа 1956 ҫулхи январӗн 1-мӗшӗ тӗлне кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне 891 килограмм, кашни ӗне пуҫне 253 килограмм сӗт суса илнӗ.

Улатӑр районӗ ҫак хушӑра 100 гектар ҫӗр пуҫне 832 килограмм, кашни ӗнерен 228 килограмм сӗт суса илнӗ.

2. **Выльӑх самӑртас енӗпе—Вӑрнар районне.** Ҫӗнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗнчи виҫӗ уйӑх хушшинче ҫак район кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне, чӗрӗ виҫепе шутласан, 13 центнер аш илнӗ, государствӑна 2.651 пуҫ сысна самӑртса панӑ, 1955 ҫулта ашкакай памалли тата сутмалли плана 101,3 процент, вӑл шутра сысна ашӗ хатӗрлемелли плана 150 процент тултарнӑ.

Выльӑх самӑртас енӗпе Ҫӗрпӳ районӗ лайӑх ӗҫленине палӑртас. Ҫак районти колхозсем иртнӗ виҫӗ уйӑх хушшинче кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне 9 центнер аш илнӗ, государствӑна 1.707 пуҫ сысна самӑртса панӑ.

3. **Ҫӑмарта илес енӗпе—Муркаш районне.** Ҫак район ҫӗнӗ хуҫалӑх ҫулӗнчи виҫӗ уйӑх хушшинче сухалакан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне 62,9 ҫӑмарта илнӗ, государствӑна 1955 ҫулта ҫӑмарта памалли тата сутмалли плана 106,0 процент тултарнӑ.

4. **Ҫӑм илес енӗпе—Етӗрне районне.** Ҫак район 1955 ҫулта кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне 50,4 килограмм, кашни сурӑхран 3,2 килограмм ҫӑм илнӗ, 1955 ҫулта государствӑна ҫӑм памалли тата сутмалли плана 122,1 процент тултарнӑ.

## Социализмла законлӑха ҫирӗплетсех пырар

Социализмла законлӑх Совет государствине малалла тӗреклетсе пымалли чи кирлӗ условисенчен пӗри пулса пырать. В. И. Ленин Совет влаҫӗн малтанхи кунӗсенчех Совет государствин законӗсене ҫирӗппӗн пурнӑҫласа пыма кирли ҫинчен каланӑ. Закона кӑшт кӑна пӑсни те, — тенӗ вӑл,—ӗҫсыннисен тӑшманӗсене киревсӗр ӗҫсем тума ҫул уҫса парать.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви социализмла законлӑха ҫирӗплетессишӗн яланах тӑрӑшаҫҫӗ. Государство аппарачӗнчи мӗнпур работниксем закона пӑхӑнса ӗҫлесен кӑна государство интересӗсене пур енчен те тивӗҫтерме пулать.

Советсен вырӑнти органӗсем законсене пурнӑҫлас ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнаҫҫӗ. Вӗсем хӑйсен территорийӗнчи граждансем тата тӗрлӗ вырӑнта ӗҫлекенсем Совет влаҫӗн законӗсемпе распоряженийӗсене мӗнле пурнӑҫласа пынине асӑрхаса тӑраҫҫӗ.

Анчах, калас пулать, хӑшпӗр ҫӗрте вырӑнти Советсем законсене пӑхӑнса ӗҫлемеҫҫӗ-ха. Ку тӗлӗшпе уйрӑмах Улатӑр районӗнчи ял Совечӗсене палӑртмалла. Хӑшпӗр чухне вӗсем тӗрӗс мар решенисем йышӑнаҫҫӗ. Ҫӗнӗ Эйпеҫ ял Совечӗн саккӑрмӗш сессийӗ, ял Совечӗн 1956 ҫулхи бюджетне пӑхса тухнӑ чухне, колхоз клубӗнчен ял Совет клубӗ тума решени йышӑннӑ, ҫапла вара колхоз пурлӑхӗ пулса тӑракан клуба хӑй аллине илме шутланӑ. Чуварлей ял Совечӗ ирӗклӗ пушар дружининче ӗҫлекенсене тӳлеме тесе кашни килӗрен укҫа пуҫтарнӑ, ҫав укҫана вара ял Совет канцелярийӗн техничкине тӳлесе пурӑннӑ. Ҫакӑн пек йӗркесӗрлӗхсем ытти Советсен ӗҫӗсенче те палӑрать.

Пирӗн ҫӗршывӑн экономикӑлла никӗсӗ пулса тӑракан социализмла харпӑрлӑха совет законӗсем куҫ шӑрҫине сыхланӑ пек сыхлама хушаҫҫӗ. Совет государстви предприятисемпе учрежденисен руководителӗсене нумай пурлӑх шанса панӑ. Ҫав руководительсен социализмла харпӑрлӑхпа тӗрӗс тата перекетлӗн усӑ курмалла, ӑна сыхласа упрамалла. Анчах хӑшпӗр руководительсем халӑх пурлӑхне кирлӗ пек сыхламаҫҫӗ.

Ялхуҫалӑх артелӗн Уставӗ колхоз пурнӑҫӗн тӗп законӗ пулса тӑрать. Хӑшпӗр ҫӗрте халӗ те Устава пӑсаҫҫӗ-ха. Вӑрнар районӗнчи Калинин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Хромов юлташ 1955 ҫулта колхозӑн обществӑлла хуҫалӑхӗнчен йӳнӗ хакпа тӗрлӗ продуктсем (вӑл шутра 14 сысна ҫури) 6.500 тенкӗлӗх илнӗ, укҫине тӳлесе татман. Ӑна кура колхоз счетоводӗ Данилов юлташ колхоза 2.500 тенкӗ, ун умӗн счетовод пулнӑ, халӗ МТС-ра инструктор-бухгалтер пулса ӗҫлекен Иванов юлташ 1.900 тенкӗ тавӑрса паман. Ҫакӑ вӑл ялхуҫалӑх артелӗн Уставне сӗмсӗррӗн пӑсни ҫинчен калать. Акӑ тата тепӗр тӗслӗх. Канаш районӗнчи Молотов ячӗпе тӑракан колхоз правленийӗ йышӑннӑ тӑрӑх, конюхсенчен, вӗсем пӑхакан выльӑхсем тырпула таптанӑ тесе, 3 уйӑх та 10 кун хушшинче тунӑ ӗҫкунӗсене катса юлмалла тунӑ. Республикӑри прокуратура органӗсем иртнӗ ҫулхи 11 уйӑхра колхоз председателӗсем, правленисем йышӑннӑ 374 решение, вӗсем ялхуҫалӑх артелӗн Уставне хирӗҫле пулнине кура, протестленӗ.

Ялхуҫалӑх артелӗн Уставне ҫавӑн пек пӑсни мӗнрен килет-ха? Колхозсене ертсе пыракан ҫынсен ответлӑхне ӳстерменнинчен. Чылай колхозсенче ревизи ӗҫне майӗпе хӑварнӑ. Иртнӗ ҫулӑн малтанхи виҫӗ кварталӗнче Куславкка районӗнчи 24 колхозра 10 ревизи, Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи 21 колхозра 17 ревизи кӑна туса иртернӗ. Ялхуҫалӑх министерствипе МТС руководителӗсем колхозсенче контрольпе ревизи ӗҫне лайӑхлатма тӑрӑшмаҫҫӗ. Министерствӑпа МТС-сем ҫителӗксӗр ертсе пынине пулах ӗнтӗ колхозсенче ӗҫшӗн хушса тӳлемелли йӗркене, выльӑх-чӗрлӗхрен укҫан илекен тупӑшӑн 25 процентне аванс шучӗпе валеҫессине, пурлӑх енӗпе хавхалантармалли ытти йӗркесене япӑх пурнӑҫласа пыраҫҫӗ.

Хӑшпӗр предприятисемпе учрежденисен руководителӗсем ӗҫ тата пурӑнмалли ҫуртйӗр пирки кӑларнӑ законсене час-часах пӑсаҫҫӗ, хӑйсене килӗшмен рабочисемпе служащисене ним сӑлтавсӑрах ӗҫрен кӑларса яраҫҫӗ, хӑшпӗр чухне ӗҫ укҫи вӑхӑтра тӳлемеҫҫӗ. Елчӗкри крахмал завочӗн руководителӗсем рабочисен ӗҫне тӗплӗн учета илмеҫҫӗ, вӗсене ӗҫ укҫи тӳлес вырӑнне продукци валеҫсе параҫҫӗ. Ҫапла вара кунта кашнинчен унӑн пултарулӑхне кура, кашнине унӑн ӗҫне кура тӳлекен принципа пӑснӑ. Хӑшпӗр предприятисенче ӗҫ кунне пысӑклатни те пулкалать. Руководительсен ҫакӑн ҫинчен манмалла мар: социализмла законлӑха ҫирӗппӗн пурнӑҫласа пырасси вӑл СССР Конституцийӗнчен тухса тӑракан тивӗҫ, вӗсем совет законӗсене тӗрӗс пурнӑҫлассишӗн ответлӑ пулса тӑраҫҫӗ.

Законсене мӗнле пурнӑҫласа пынине асӑрхаса тӑрас тӗлӗшпе прокуратурӑн ответлӑхӗ пысӑк. СССР Верховнӑй Совечӗн IV-мӗш сессийӗ «ССР Союзӗн прокуратура надзор туса тӑмалли Положенине» ҫирӗплетрӗ. Положени прокуратура работникӗсем ҫине мӗнпур министерствӑсенче, вӗсене пӑхӑнса тӑракан учрежденисенче, ҫавӑн пекех вырӑнта ӗҫлекен ҫынсем тата пӗтӗм совет гражданӗсем законсене пӑхӑнса ӗҫленине асӑрхаса тӑрас тӗлӗшпе пысӑк ответлӑх хурать. Прокуратура работникӗсен ҫак тивӗҫе чыслӑн пурнӑҫласа пымалла. Совет законӗсене пӑсни нихӑш учрежденире те, никам енчен те ан пултӑр.

Социализмла законлӑха ҫирӗплетес ӗҫре совет законӗсем ҫинчен ӗҫсыннисене ӑнлантарса пани пысӑк вырӑн йышӑнать. Государство аппарачӗнчи мӗнпур работниксен законсене лайӑх пӗлмелле. Юлашки вӑхӑтра республикӑра право ыйтӑвӗсем тӑрӑх лекцисемпе докладсем иртересси кӑштах лайӑхланчӗ, анчах ку ҫителӗксӗрха. Законсене пропагандӑлас ӗҫе мӗнпур прокурорсене, судьясене, профсоюз тата ытти организацисен работникӗсене явӑҫтармалла, лекцисемпе докладсене пурте ӑнланмалла чӗлхепе, вырӑнти тӗслӗхсемпе ҫирӗплетсе вуласа памалла.

### *Облаҫри парторганизацин XXVI-мӗш конференцийӗн делегачӗсене пӗлсе тӑма*

КПСС Чӑваш организацийӗн облаҫри XXVI-мӗш конференцийӗ январӗн 13-мӗшӗнче, кӑнтӑрла 12 сехетре, Чӑвашсен государство академи театрӗнче уҫӑлать.

## *Тӑван ҫӗршывра*



РИГА. «Латвэнерго» коллективӗ электростанцисемпе электроподстанцисене телемеханизацилет. Кегум гидроэлектростанцийӗнче агрегатсем, генераторсем тата ыттисем мӗнле ӗҫленине телемеханика пулӑшнипе тӗрӗслеҫҫӗ.

Ӳкерчӗк ҫинче: служба начальникӗ С. Юдин (сулахайри) тата старши инженер А. Иванс телемеханика аппаратурине тӗрӗслеҫҫӗ.

Е. Яснов фотоӳкерчӗкӗ. (ТАСС фотохроники).

### НОВОСИБИРСК ГИДРОЭЛЕКТРОСТАНЦИНЕ ТУНӐ ҪӖРТЕ

Новосибирск гидроэлектростанцине ӗҫе ярас умӗнхи ҫулталӑк йывӑр условисенче пуҫланнӑ. Ҫанталӑк питӗ сивӗ тӑрать. Ҫапла пулсан та стройкӑра пур ҫӗрте те хӗрӳллӗ ӗҫ пырать. Сулахайри ҫыранра тӗп сооруженисен котлованӗнче бетон хываҫҫӗ, шыв юхса тӑмалли плотинӑн сыпӑкӗсене бетонпа ҫирӗплетеҫҫӗ.

Сылтӑмри ҫыранра строительсем шлюзӑн виҫҫӗмӗш камерине тунӑ ҫӗрте пӗтӗм вӑя хурса ӗҫлеҫҫӗ. Ҫак участока ӑшӑ парса тӑракан котельнӑй лайӑх ӗҫленине пула унта ҫанталӑк питӗ сивӗ тӑнӑ чухне те бетон хываҫҫӗ.

Партин XX-мӗш съезчӗ ячӗпе ӑмӑртӑва хутшӑннӑ строительсем январь уйӑхӗнче, условисем кирек мӗнле пулсан та, 15 пин кубометртан кая мар бетон хывма йышӑннӑ. Январӗн 9-мӗшӗнче вӗсем кӑнтӑрлаччен 500 кубометр бетон хывнӑ.

Кӑҫал Обь шывӗн ҫулне пӳлме тытӑнаҫҫӗ. Халӗ механизаторсем ҫак ӗҫе хатӗрленеҫҫӗ. Вӗсем земснарядсемпе установкӑсене срокчен, парти съезчӗ уҫӑлнӑ тӗле, юсаса хатӗрлеме йышӑннӑ. (ТАСС).

### БИРМА СОЮЗӖНЧЕН ИЛСЕ КИЛНӖ ТАВАРСЕМ

Январӗн 7-мӗшӗнче Херсон портӗнче Совет Союзӗн Бирма Союзӗнчен килсе ҫитнӗ «Ставрополь» теплоходне пушатса пӗтернӗ. Теплоход кофе, чей, слон шӑммипе хӗрлӗ йывӑҫран тунӑ япаласем, ҫавӑн пекех Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Бирмӑра пулнӑ вӑхӑтра Бирма Союзӗн Премьер-Министрӗ У Ну Совет Союзӗн халӑхне парнеленӗ риса 500 тонна илсе килнӗ. (ТАСС).

### *Совет делегацийӗ Демократиллӗ Германи Республикинчен Мускава таврӑннӑ*

СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председателӗ К. Е. Ворошилов ертсе пыракан Совет делегацийӗ январӗн 9-мӗшӗнче Демократиллӗ Германи Республикинчен Мускава таврӑннӑ. Совет делегацийӗ Демократиллӗ Германи Республикин Президенчӗ Вильгельм Пик ҫуралнӑранпа 80 ҫул тултарнӑ ятпа иртнернӗ уявра пулнӑ.

Белорусски вокзалта Совет делегацине Л. М. Каганович, А. И. Микоян, В. М. Молотов, П. Н. Поспелов, СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председателӗн заместителӗ тата РСФСР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председателӗ М. П. Тарасов, СССР министрӗсем, Совет Союзӗн маршалӗсем, центрти ведомствӑсемпе учрежденисен руководителӗсем, совет пичечӗн представителӗсем кӗтсе илнӗ.

Совет делегацине ҫавӑн пекех ССР Союзӗнчи дипломатилле чылай представительствӑсен пуҫлӑхӗсем, посольствӑсемпе миссисен сотрудникӗсем кӗтсе илнӗ. (ТАСС).

## Ленин хушса хӑварнӑ пек ӗҫлесе

**В. И. Ленин Горки ялӗнчи хресченсен пухӑвӗнче сӑмах тухса каланӑранпа 35 ҫул ҫитнӗ май**

Мускав патӗнчи Горки Ленински ялӗ. Кунта пурте аслӑ Ленин ячӗпе ҫыхӑнса тӑрать. Унта Владимир Ильич час-часах пынӑ. Ваттисем Владимир Ильичпа тӗл пула-пула калаҫнине, хресченсем ыйтнипе В. И. Ленин вӗсем патне пухӑва пынине лайӑх астӑваҫҫӗ. Ку вӑл 1921 ҫулхи январӗн 9-мӗшӗнче пулнӑ. Шульгинсен килне туллиех халӑх пуханнӑ. Пухӑннӑ ҫынсене Владимир Ильич ҫамрӑк Совет республикин тӗнчери лару-тӑрӑвӗ ҫинчен тӗплӗн каласа панӑ. Вӑл яла социализмла урӑхлатса ҫӗнетесси ҫинчен каланӑ, хресченсене ҫӗрӗҫне пӗрле тумашкӑн пӗрлешме, ҫӗнӗ пурнӑҫа пӗрле тума канаш панӑ.

...1956 ҫулхи январӗн 9-мӗшӗнче Горки ялӗ уяв чухнехи пек капӑр пулчӗ. В. И. Ленин Горки ялӗнчи хресченсен пухӑвӗнче сӑмах тухса каланӑранпа 35 ҫул ҫитнӗ ятпа пулнӑ митинга Владимир Ильич ячӗпе тӑракан ялхуҫалӑх артелӗн колхозникӗсем, «Горки Ленинские» ятлӑ экспериментальнӑй база работникӗсем, сывӑхри ялсенче пурӑнакансем, районти промышленность предприятийӗсен представителӗсем пухӑнчӗҫ.

Пурте Шульгинсен пӳрчӗ патне пыраҫҫӗ. Ун стени ҫинче—мрамортан тунӑ асӑну хӑми. Мрамор ҫине ҫапла ҫырнӑ:

«В. И. ЛЕНИН
1921 ҫулхи январӗн 9-мӗшӗнче
ҫак суртра
Горки ялӗнчи
хресченсен пухӑвӗнче
сӑмах тухса каланӑ».

Кӑнтӑрлахи икӗ сехет. Шульгинсен ҫурчӗ умӗнчи площадьре темиҫе ҫӗр ҫын пухӑннӑ. Трибуна ҫине колхоз тата районти организацисен руководителӗсем, ялти ватӑ ҫынсем хӑпараҫҫӗ.

Митинга КПСС Ленински райкомӗн секретарӗ А. П. Мелихов юлташ уҫнӑ. Вӑл Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви Ленин хушса хӑварнисене мӗнле пурнӑҫласа пыни ҫинчен каланӑ. Ленин ячӗпе тӑракан район тӗслӗхӗсем тӑрӑх райком секретарӗ ялхуҫалӑхне вӑйлатас тӗлӗшпе тӑвакан пысӑк ӗҫе кӑтартса панӑ. Иртнӗ ҫул пӗтӗм районта тӗштырӑсен тухӑҫлӑхӗ гектартан 18,2 центнер пулнӑ. Ялхуҫалӑх артелӗсем мӗнпур йышши выльӑхсен йышне ӳстермелли плана иртерсе тултарнӑ. Районти мӗнпур колхозсемпе МТС—Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкин участникӗсем.

1921 ҫулта Горки ялӗнчи хресченсен пухӑвӗнче пулнӑ ҫынсенчен пӗри, халӗ Владимир Ильич ячӗпе тӑракан колхоз бухгалтерӗ пулса ӗҫлекен М. В. Шульгин тухса калать.

— Ильич халӗ чӗрӗ пулнӑ пулсан, — тет вӑл,—пирӗн ялта пулса иртнӗ улшӑнусене пӑхса мӗн тери савӑннӑ пулӗччӗ. Совет влаҫӗ ҫулӗсенче Горки ялӗн сан-сӑпачӗ пӗтӗмпех улшӑнчӗ.

Митингра ҫавӑн пекех Владимир Ильич ячӗпе тӑракан колхозри зоотехник Г. И. Бышев тата ҫак колхоз председателӗ Социализмла Ӗҫ Геройӗ И. А. Буянов сӑмахсем тухса каланӑ. (ТАСС).

### Харпӑр хӑй валли ҫуртсем лартакансене пулӑшма

1956 ҫулта МТС-семпе совхозсенчи рабочисемпе служащисене пурӑнмалли ҫуртсем лартма кивҫен укҫа памалли плана ҫирӗплетнӗ. Ку тӗлӗшпе государство 600 миллион тенкӗ, иртнӗ ҫулхинчен 60 миллион тенкӗ нумайрах, уйӑрса панӑ.

Ҫак укҫан пысӑк пайне—450 миллион тенкине машина-трактор станцийӗсен работникӗсем илеҫҫӗ.

Халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курма тытӑнакан районсенчи ӗҫченсене пулӑшасси ҫине уйрӑмах тимлӗ пӑхаҫҫӗ. Упта харпӑр хӑй валли пурӑнмалли ҫуртсем лартакансене 150 миллион тенкӗ кивҫен укҫа параҫҫӗ. МТС-сен работникӗсем 12 пин тенкӗ, совхозсен работникӗсем 15 пин тенкӗ кивҫен илме пултараҫҫӗ. Ҫак укҫана 10 ҫул хушшинче тӳлесе татмалла пулать. Ялхуҫалӑх банкӗ МТС-сенчен колхозсене куҫнӑ агрономсемпе зоотехниксене те ҫуртсем лартма кивҫен укҫа парать.

Кӑҫал яллӑ вырӑнсенчи рабочисемпе служащисене, ҫав шутра МТС-семпе совхозсен работникӗсене, харпӑр хӑй валли пурӑнмалли ҫуртсем лартма пурӗ 800 миллион тенкӗ кивҫен параҫҫӗ. (ТАСС).



Грузи ССР-ӗ. ВЦСПС-ӑн Батуми сывӑхӗнчи Зеленый мыс ҫинчи санаторийӗ ҫулталӑкӗпех ӗҫлет. Унта канма тата сывалма пирӗн ҫӗршывӑн тӗрлӗ районӗсенчи ӗҫсыннисем пыраҫҫӗ.

Ӳкерчӗк ҫинче: канакансем ушкӑнӗ санатори веранди ҫинче. Сулахайран сылтӑмалла—Магадан облаҫӗнчен пынӑ служащи И. А. Овчаренко, Красноярск крайӗнчен пынӑ геофизик Л. К. Магор, Анат Тагилти коксохимически комбинат работникӗ В. О. Козлихин, Анадыртен пынӑ геолог З. А. Дзюба.

В. Бабаян фотоӳкерчӗкӗ (ТАСС фотохроники).

### КУКУРУЗА ТУСЕМ ҪИНЧЕ ӲСЕТ

Ҫӳлӗ карта хыҫӗнче пӑлансем ҫӳреҫҫӗ. Акӑ кормушкӑсем патне силос тиенӗ лавсем пыраҫҫӗ. Силос шӑршине сиссе, пӑлансем кормушкӑсем патне пухӑнаҫҫӗ.

Тури Катунри пӑлан ӗрчетекен совхоз работникӗсем пӑлансене курӑк силоспе тӑрантарма тытӑннӑ. Ҫакна пула хӗллехи вӑхӑтра пӑлансем чылай ытларах мӑнтӑрланаҫҫӗ. Кӑҫалхи хӗлле рациона пирвайхи хут силос кӗртнӗ.

Опыт тӑвас шутпа совхоз работникӗсем 2 пин метр ҫӳлӗш ту ҫине 11 гектар кукуруза акнӑ. Ҫак кукуруза ҫуркуннехи сивве, ҫуллахи шӑрӑх вӑхӑта лайӑх тӳссе иртернӗ, кукуруза тунипе ҫулҫи нумай тухнӑ.

Тепӗр виҫӗ районти колхозсем те кукурузӑна тусем ҫине акса ӳстернӗ. Практика кӑтартса панӑ тӑрӑх, ҫӳлӗ тусем ҫинче ҫак культура пысӑк тухӑҫлӑ пулма пултарать. Хӗвелтухӑҫ Казахстанри тусем ҫинчи районсенче пурӑнакан колхозниксем кукуруза акса тӑвакан ҫӗр лаптӑкӗсене икӗ хут ӳстерме йышӑннӑ. (ТАСС).

### ҪУРХИ ТЫРӐСЕМ АКМА ТЫТӐННӐ

Таджикистанӑн вӑтам тӑрӑхӗпе кӑнтӑр пайӗнчи районӗсенче тулӑ, урпа, йӗтӗн тата хӗвелҫаврӑнӑш акма тытӑннӑ. Республикӑра тӗштырӑсене хӗреслӗ майпа акакан ҫӗр лаптӑкӗсене икӗ хут ӳстереҫҫӗ. Т. С. Мальцев меслечӗпе сухаласа ҫемҫетнӗ уйсене акакан тӗштырӑ лаптӑкӗсем те ҫавӑн чухлех пысӑкланаҫҫӗ. (ТАСС).

## Идеологилле ӗҫе пурнӑҫпа тачӑ ҫыхӑнтарса туса пымалла

**_Шупашкар хулинчи парти активӗн пухӑвӗ_**

Январӗн 9-мӗшӗнче КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотекинче хулари парти активӗн пухӑвӗ пулса иртрӗ. Пуху хулари парторганизацире идеологилле ӗҫе вӑйлатас тӗлӗшпе тӑракан задачӑсем ҫинчен КПСС хула комитечӗн иккӗмӗш секретарӗн А. Иванов юлташӑн докладне сӳтсе яврӗ.

Докладчик тата пренире тухса калакансем хулари пуҫламӑш парторганизацисем, КПСС Центральнӑй Комитечӗн январьти тата июльти Пленумӗсем кӑларса тӑратнӑ пысӑк задачӑсене пурнӑҫласа пырса, идеологилле ӗҫе кӑштах лайӑхлатнине палӑртрӗҫ. Анчах идеологилле ӗҫре пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Чылай ҫӗрте идеологилле ӗҫе коммунизм строительствин практикипе, умра тӑракан задачӑсемпе таччӑн ҫыхӑнтарса пымаҫҫӗ.

— КПСС Центральнӑй Комитечӗн июльти Пленумӗ, — терӗ электроаппаратура заводӗнчи пропагандист Жирнов юлташ—промышленноҫа малалла аталантарас тӗлӗшпе пысӑк задачӑсем кӑларса тӑратрӗ. Ҫав задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлама пирӗн пӗтӗм партилле-политикӑлла, идеологилле ӗҫе лайӑхлатса, рабочисен тата инженерсемпе техниксен политикӑлла тата ӗҫри активлӑхне ӳстерес пулать.

Юлашки вӑхӑтра заводри парторганизаци промышленность производствин тата конкретлӑ экономика ыйтӑвӗсене пропагандӑлассине лайӑхлатнӑ. Заводра виҫҫӗмӗш ҫул ӗнтӗ ҫав ыйтусене вӗренмелли семинар ӗҫлет. Жирнов юлташ семинара ҫӳрекен юлташсем материала пысӑк интересне вӗренни ҫинчен каларӗ. Кунпа пӗрлех вӑл экономикӑлла ыйтусене вӗренес ӗҫре пысӑк ҫитменлӗхсем пуррине палӑртрӗ.

— Пирӗн,—терӗ вӑл — экономика ыйтӑвӗсем тӑрӑх лекцисем кӑна пулаҫҫӗ, итлеме ҫӳрекенсем харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренмеҫҫӗ. Семинарта конкретлӑ экономика ыйтӑвӗсене сахал пӑхса тухаҫҫӗ. Ҫав ыйтусене тӗплӗнрех вӗренсен семинара ҫӳрекен юлташсем илнӗ пӗлӳпе хӑйсен практикӑлла ӗҫӗнче усӑ курма пултарӗччӗҫ. Анчах халлӗхе апла пулса пымасть-ха. Конкретлӑ экономика ыйтӑвӗсене вӗренме кирлӗ кӗнекесем ҫукпа пӗрех. Ҫакӑ вӗренекенсене те, пропагандиста та вӗренӳре чылай чӑрмав кӳрет.

Экономикӑлла пӗлӳсене пропагандӑлассине лайӑхлатас шутпа оратор экономика ыйтӑвӗсене вӗренмелли семинарсен программине тепӗр хут пӑхса тухма, конкретлӑ экономика ыйтӑвӗсене вӗренме ытларах вӑхӑт уйӑрма сӗнет.

— Пирӗн пропагандистсемпе лекторсем,—терӗ Чӑваш Совет писателӗсен Союзӗнчи пуҫламӑш парторганизаци секретарӗ Долгов юлташ — марксизм-ленинизм классикӗсен уйрӑм произведенийӗсем тӑрӑх лекци вуланӑ чухне ҫав кӗнекесен содержанине хальхи пурнӑҫпа ҫыхӑнтармасӑр, ытларах цитатӑсем вуласа ӑнлантарса пама тӑрӑшаҫҫӗ. Ҫавна пула лекцисем кичем иртеҫҫӗ. Ҫавӑнпах ӗнтӗ КПСС хула комитечӗн библиотекинче иртерекен лекцисене итлеме коммунистсемпе партире тӑман ытти работниксем сахал ҫӳреҫҫӗ.

Пропаганда ӗҫӗн идейӑлла шайӗ, палӑрах, пропагандистран килет. Анчах, тет Долгов юлташ, КПСС хула комитечӗ тата унӑн пропагандӑпа агитаци пайӗ (заведующийӗ Авдеев юлташ) пропагандистсен кадрӗсене вӗрентсе ӳстерес, вӗсене воспитани парас тӗлӗшпе ҫителӗксӗр ӗҫлет.

Долгов юлташ малалла «Коммунизм ялавӗ» тата «Советская Чувашия» хаҫат редакцийӗсен ӗҫне критиклерӗ.

— Пирӗн хаҫатсен страницисенче вырӑнти авторсем ҫырнӑ пропагандӑлла лайӑх статьясем питӗ сахал пичетленеҫҫӗ, хӑшпӗрисем вулакансен кӑмӑлне тивӗҫтереймеҫҫӗ. Вӗсенчен чылайӑшӗ малтан асӑннӑ лекцисем пекех типӗ чӗлхепе, пурнӑҫри тӗслӗхсемпе ҫыхӑнтармасӑр, ҫитменнине ӑнланма йывӑр ҫырнӑ статьясем пулаҫҫӗ.

«Коммунизм ялавӗ» хаҫатри уйрӑм статьясене, тет оратор, чӑваш литератури чӗлхине пӑхӑнса ҫырмаҫҫӗ, вырӑсларан куҫарнӑ статьясене вулама йывӑр, Чӑвашсен чӗлхепе литература тата истори наукӑпа тӗпчев институчӗ чӑваш литература чӗлхи нормисене тӑвас тӗлӗшпе нимех те тумасть. Юлашкинчен Долгов юлташ республикӑри хаҫатсем валли квалификациллӗ, уйрӑмах чӑваш чӗлхине лайӑх пӗлекен кадрсем хатӗрлеме кирли ҫинчен каларӗ.

Чӑваш ялхуҫалӑх институчӗн доценчӗ Лебедев юлташ марксизм-ленинизмӑн экономикӑлла теорине пропагандӑлас ӗҫӗн хӑшпӗр ыйтӑвӗсем ҫинче чарӑнса тӑчӗ. Ҫак ӗҫри чи пысӑк ҫитменлӗх, терӗ вӑл, теорие вӗрентессине практикӑлла задачӑсенчен уйрӑм туса пыни пулать. Чылай пропагандистсем экономикӑлла теорие лайӑх пӗлеҫҫӗ, анчах вӗсем, экономикӑри практикӑлла ӗҫсене пӗлменнине пула, теорие практикӑпа таччӑн ҫыхӑнтарса каласа пама пултараймаҫҫӗ. Ҫак ҫитменлӗхе пӗтерес тесен, хула комитечӗн пропагандистэкономистсемпе ытларах ӗҫлемелле, вӗсене пулӑшма семинарсем иртермелле.

Политикӑлла тата наукӑлла пӗлӳсем саракан Пӗтӗм Союзри обществӑн Чӑваш республикинчи уйрӑмӗнче экономикӑлла секци пур. Анчах ҫав секцире Суту-илӳ тата Ялхуҫалӑх министерствисен работникӗсем пачах ҫук,—ку вӑл пысӑк ҫитменлӗх.

— КПСС обкомӗпе хула комитечӗн секретарӗсем, ҫавӑн пекех промышленность предприятийӗсен руководителӗсем, пропагандистсен семинарӗсенче тӑтӑшах пулса хӑйсем те лекцисемпе докладсем иртернине, теорие практикӑпа ҫыхӑнтарма вӗрентнине курас килет пирӗн,—тесе вӗҫлерӗ Лебедев юлташ хӑйӗн сӑмахне.

Ҫамрӑксен театрӗн главнӑй режиссерӗ Харабуга юлташ КПСС хула комитетне, ҫавӑн пекех ВЛКСМ обкомӗпе хула комитетне творчествӑлла организацисен ӗҫӗпе ҫителӗксӗр интересленнӗшӗн, чӑваш драматургӗсене ача-пӑча пьесисем ҫырманшӑн критиклерӗ.

Лекцилле пропагандӑри пысӑк ҫитменлӗхсем ҫинчен политикӑлла тата наукӑлла пӗлӳсем саракан обществӑн Чӑваш республикинчи уйрӑмӗн ответлӑ секретарӗ Кузьмина юлташ каларӗ.

КПСС обкомӗн пропагандӑпа агитаци пайӗн заведующийӗ Абашев юлташ партин хула комитечӗпе хулари чылай пуҫламӑш парторганизацисем коммунистсемпе кадрсен политикӑлла вӗренӗвне йӗркелес тӗлӗшпе ҫителӗксӗр ӗҫленине палӑртрӗ, идеологилле ӗҫри пысӑк ҫитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтерме кирли ҫинчен каларӗ.

Пренире ҫавӑн пекех лента тӗртекен фабрикӑри парторганизаци секретарӗ Павлов, технически училище директорӗ Ефимов, ВЛКСМ хула комитечӗн секретарӗ Выростайкин, Иванов («Волга» артель) тата республикӑри библиотека директорӗ Сергеева юлташсем тухса каларӗҫ.

Парти активӗн пухӑвӗ идеологилле ӗҫе лайӑхлатас тӗлӗшпе тивӗҫлӗ решени йышӑнчӗ.

*Кăлар тислĕк ытларах—тырпул пулĕ тухăçларах*

# Вăйлă тырпул никĕсĕ

С ЯКОВЛЕВ
Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ.

Пирĕн колхоз иртнĕ çулталăкра ăнăçлă ĕçлерĕ. Çанталăк япăх тăчĕ пулин те, эпир кашни гектартан вăтам шутпа 12,5-шер центнер тĕштырă пухса кĕртрĕмĕр. Василий Матвеев ертсе пыракан виççĕмĕш уй-хир бригади 53 гектар çинчен кашни гектартан 26-шар центнер ырăш туса илчĕ. Çавăн пекех ĕнесем те сĕт нумай хупирĕç. Пирĕн колхозăн 5 доярки «Республикăри чи лайăх доярка» ятне илме тивĕçлĕ пулчĕç.

Çакă вăл пирĕн колхозшăн çителĕксĕрха. Тырпул тухăçлăхне ӳстермелли майсем пирĕн сахал мар. Çав майсенчен пĕри — тăпра структурине лайăхлатасси. Кирек мĕнле тăпраллă çĕр çинче те пирĕн пысăк тухăçлă тырпул туса илмелле тăвас пулать. Çакна уй-хире удобренисем нумай кăларнипе тата çĕрĕç культурине ӳстернипе тума пулать. Çавăнпа та эпир уй-хире тислĕк кăларассине тата минераллă удобренисемпе усă курассине пысăка хуратпăр.

Пирĕн ялта ĕлĕк те уй-хире тислĕк кăлармасăр пурăнман. Анчах ун чухне пуринчен ытларах ял çывăхĕнчи анасене çеç çемçетнĕ, ялтан инçетрехри уя тислĕк кăларман. Сăмахран, пĕчĕк колхозсем пĕрлешсе пысăкланнă çулхине (1950—1951 çулсемпе) танлаштарсан, эпир халĕ тăватă хут ытларах тислĕк хатĕрлесе уй-хире кăларатпăр, минераллă удобренисемпе те анлăн усă куратпăр.

Пирĕн колхозăн çĕрĕсем кĕлленчĕк тăпраллă, Паллах, тислĕк тăкмасăр вăйлă тырпул, техникăлла культурăсем, пахча çимĕç ситĕнтерме çук. Унсăр пуçне тислĕк хатĕрлемелли ĕçе тĕрĕс йĕркелени те пысăк вырăн йышăнать.

Эпир тислĕке мĕнле хатĕрлетпĕр? Хĕллехи вăхăтра тислĕке пĕрер лавăн уя кăлармастпăр. Кӳллен пĕрер лав турттарса тухсан, çав тислĕк кашни куя шăнса ларать, суркуяне вăл çав ăшăнмасть, çапла вара питĕ вăраххăн çĕрет. Эпир çапла тăватпăр: вите тулашне 100 лав е ытларах кăларса купалатпăр, каярахпа ăна пĕр харăс турттарса тухатпăр та пысăк штабеле купалатпăр, лайăх таптаса, пусăрăнтаратпăр. Лайăх çĕрнĕ тислĕке çапла, çулла сĕртме сухи тăвас умĕн, сапаласа тăкатпăр.

Ĕлĕкрех тислĕке çул çывăхĕнчи уйсене ытларах кăларнă, тислĕк лавĕсем çултан иртсе ялтан инçетрехри участоксене çине тейме. Эпир темиçе çул хушши ĕнтĕ тислĕке çапла тăкатпăр: тислĕк тăкмалли уя (участока) малтан плугпа тăваткалласа йĕрлесе тухатпăр, кашни тăваткал (клетка) 0,01 гектар пулать, кашни тăваткал çине пĕрер лав тислĕк тăкатпăр. Çапла вара çывăхринче те, инçетри уя та тислĕк пĕр виçепе тивет, пĕр тикĕс саланать.

Хăшпĕр колхозсенче тислĕк кăларас ĕçе МТС туса парасса кăна шанса тăрассĕ. Пирĕн шутпа тислĕке уя тракторпа турттармалла мар, мĕншĕн тесен хальхи вăхăтра нумай лашасем ĕçсĕр тăрассĕ. Тислĕке лашасемпе кăларма йывăр мар. Тракторсем тепĕр çĕрте, йывăртарах ĕçсенче кирлĕ пулассĕ. Çавăнпа та эпир тислĕке кирек хăçан та лашасемпе çеç турттаратпăр.

Кашни çулах витесенче тислĕк нумай хатĕрлетпĕр пулсан та, вăл çителĕклĕ мар. Çавăнпа та эпир колхозниксен хуçалăхĕнчи тислĕке те колхоз уй-хирне кăларма тăрăшатпăр, вĕсене тислĕк нумайрах хатĕрлеме тĕрлĕ майсемпе пулăшатпăр.

Производство планне тунă чухне кашни колхозника, хăрпăр хăй хуçалăхĕнче мĕн чухлĕ тислĕк хатĕрлемеллине кăтартса, задани паратпăр. Сăмахран, пирĕн артельти кашни колхозник хуçалăхĕн ĕне пуçне çулталăкра 15—18 лав, кашни сурăх, качака е сысна пуçне пĕрер лав тислĕк пухса хатĕрлемелле. Унсăр пуçне кашни килĕн пĕр. центнертан кая мар кĕл пухмалла.

Çак задание пирĕн колхозниксем иртерсе тултарассĕ, мĕншĕн тесен колхоз правленийĕ удобрени пухса паракансене лайăх тӳлет. Колхозник хуçалăхĕ, сăмахран, пилĕк лав тислĕк парать пулсан, ăна кашни лавшăн 0,5 ĕçкунĕ тӳлессĕ; вунă лав парсан, кашни лавшăн 0,6 ĕçкунĕ, 15 лав таран парсан, кашни лавшăн 0,75 ĕçкунĕ, 15—18 лав парсан, кашни лавшăн пĕрер ĕçкунĕ тӳлессĕ. Заданирен ирттерсе панă кашни лав тислĕкшĕн пĕрер ĕçкунĕ тӳлессĕ. Задание тултариччен кашни лав тислĕкшĕн 8-шар килограмм, заданирен ирттерсе паракансене кашни лав тислĕкшĕн 12-шер килограмм ырăш уламĕ валеççе параççĕ.

Ытти йышши удобренисемшĕн те колхоз правленийĕ ĕçкунĕсем парать. Сăмахран, пĕр центнер кайăк-кăшăк тислĕкĕшĕн виçĕ ĕçкунĕ, пĕр центнер кĕлĕшĕн икĕ ĕçкунĕ тӳлемелле тунă.

Унсăр пуçне Сĕнтĕрвăрринчен тислĕк тата кĕл нумай турттаратпăр, кăвакарчăн тислĕкне хăшĕшĕр 150 центнер таран пухатпăр.

Кăçал йӳçĕк тăпраллă участоксене извĕстлеме 160 тонна известь кăларса хутăмăр.

Вырăнти удобренисем хатĕрлес тĕлĕшпе эпир тунă йĕрке йӳне лармасть. Шутласа пăхрăмăр та çакă курăнчĕ: колхозниксен хуçалăхĕнчен илекен пĕр лав тислĕк, унăн тĕленине пасарти вăтам хакпа шутласан, 32 тенкĕ те 25 пуса ларать. Йӳнĕ мар, минераллă удобренипе танах. Анчах вăл пирĕншĕн питĕ усăллă, хăйĕн хакне ытлашшипех саплать.

Ĕне, пăру тата сысна витисенчен юхса тухакан тислĕк шĕвеке пуçтарма ятарласа вырăн тунă. Çак тислĕк шĕвекне çуркунне ахаль шывпа хутăштаратпăр та «НЖ-2» машинăпа калчасене çине сапатпăр. Ку машинăна 23 пин тенкĕ парса туяннă.

Юлашки çулсенче эпир компост тума тытăнтăмăр. Ăна çапла тăватпăр: сăйĕнсийĕн çур метр хулăнăш улăм саратпăр, унтан фосфорит çăнăхĕ, кун хыççăн ахаль шыв е тислĕк шĕвекĕ сапатпăр. Компоста кĕркунне е тырă вырма тухас умĕн тăватпăр.

Эпир çулсеренех тислĕк ытларах та ытларах хатĕрлетпĕр пулсан та, вăл пĕтĕм уй-хире çемçетме çав-çавах çитмест. Çавăнпа та эпир тислĕкпе лайăхрах усă курма, минераллă удобренисем нумайрах кӳрсе килме тăрăшатпăр. Çак удобренисенчен пысăк усă куратпăр.

Эпир юлашки вăхăтра Пĕтĕм Союзри Ленин ячĕпе тăракан ялхуçалăх академийĕ сĕнекен меслетпе анлăрах усă курма тăрăшатпăр.

«Ку таранччен çакă паллă пулнă,—тесе çырать Т. Д. Лысенко академик,—йӳçек те кĕлленчĕклĕ, хăйăрлă е тăмлă тăпра çинче пысăк тухăçлă кĕрхи тулă туса илес тесен, кашни гектар пуçне 20—40 тонна лайăх çĕрнĕ тислĕк, 30—50 центнер извеçлĕ япаласем тата тивĕçлĕ таран фосфорлă удобренисем кирлĕ. Эпир халех ĕнтĕ çавнашкал тăпра çине органикăлла тата извеçлĕ удобренисем пилĕк-вунă хут сахалтарах тăксах вăйлă тырпул туса илме май йуррине кăтартса пама пултаратпăр.

...Эпир çĕре урăхла майпа çемçетме сĕнетпĕр. Эпир удобренисене тăпра çине уйрăмшар мар, тăпра пахалăхне кура органикăлла удобренисене минераллă удобренисемпе—извеçлĕ, фосфорлă, калиллĕ тата ытти йышши удобренисемпе хутăштарса тăкма сĕнетпĕр».

Удобренисене çавăн пек тăкни пысăк усă панине эпир хамăр сăнаса ĕнентĕмĕр. Акă, сăмахран, ырăш акмалли уя кашни гектар пуçне 30 тонна тислĕк, 2—2,5 центнер суперфосфат, 0,75 центнер калиллĕ удобренисем, 1—2 центнер азотлă удобренисем пĕрле хутăштарса тăкатпăр.

Эпир уйрăм культурăна мĕнле тата мĕн чухлĕ удобренисем кирлине шута илетпĕр. Сăмахран, çурхи тулă акакан кашни гектар пуçне тислĕкпе хутăштарма 1,2 центнер аммиак селитри е 2 центнер сульфат аммони, 2 центнер таран суперфосфат, пĕр центнер таран хлорлă кали илетпĕр.

Пĕлтĕр пирĕн колхозра кукуруза тухăçлăхĕ пĕчĕк пулчĕ. Кăçал кукуруза акмалли участоксене лайăхрах çемçетесшĕн: икĕ пин тонна лайăх çĕрнĕ тислĕк хатĕрлетпĕр тата азотлă удобренисем 300 центнер, фосфорлă удобренисем 200 центнер, калиллĕ удобренисем 100 центнер хатĕрлесе хуратпăр. Çакăнпа пĕрлех калчасене апатлантарма та удобренисем нумай кирлĕ.

Юлашки çулсенче эпĕ хамăр районти чылай колхозсенче пултăм. «Красный Октябрь» колхозăн 1954 çулхи отчетĕнчен çакă курăнчĕ: унта кашни колхозник хуçалăхĕ пуçне вăтам шутпа уя 28 лав тислĕк кăларнă, çав çулах пирĕн колхоз кашни хуçалăх пуçне 140 лав кăларнă пулнă. Çавăн пирки вĕсен тырпул тухăçлăхĕ пирĕннинчен нумай пĕчĕкрех.

Вырăнти тата минераллă удобренисем ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерес ĕçре пысăк вырăн йышăнассĕ. Тислĕк ытларах хатĕрлесси, унпа лайăх усă курасси—кашни колхозникăн пархатарлă тивĕçĕ. Кăлар тислĕк ытларах,—теççĕ пирĕн колхозниксем,—тырпул пулĕ тухăçларах.

## Общественăлла çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне тата кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ

(1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне)

| Районсем | Общественăлла çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне сĕт илнĕ (килогрампа) | 1954—1955 хуçалăх çулĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) | Кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) | 1954—1955 хуçалăх çулĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) |
|---|---|---|---|---|
| Вăрнар | 1.159 | +153 | 221 | + 28 |
| Çĕрпӳ | 891 | +209 | 253 | + 45 |
| Улатăр | 832 | +364 | 228 | +101 |
| Елчĕк | 710 | +198 | 204 | + 41 |
| Чкаловски | 702 | +250 | 194 | + 61 |
| Етĕрне | 736 | + 52 | 190 | + 6 |
| Çĕмĕрле | 704 | +188 | 178 | + 47 |
| Первомайски | 556 | +177 | 172 | + 50 |
| Пăрачкав | 521 | +129 | 167 | + 35 |
| Муркаш | 685 | + 63 | 160 | + 5 |
| Кувакино | 453 | +198 | 161 | + 59 |
| Шăмăршă | 318 | +141 | 158 | + 68 |
| Йĕпреç | 580 | — 36 | 142 | — 12 |
| Комсомольски | 550 | +189 | 140 | + 36 |
| Шупашкар | 481 | + 20 | 137 | + 2 |
| Шăхасан | 490 | + 52 | 133 | + 7 |
| Калинино | 476 | + 77 | 123 | + 25 |
| Ишлей | 532 | — 83 | 122 | — 35 |
| Вăрмар | 333 | + 2 | 120 | — 7 |
| Чурачăк | 428 | + 64 | 117 | + 2 |
| Красноармейски | 450 | + 54 | 114 | + 12 |
| Хĕрлĕ Чутай | 313 | + 98 | 110 | + 43 |
| Сĕнтĕр | 448 | — 79 | 100 | — 21 |
| Октябрьски | 288 | — | 100 | — 7 |
| Советски | 339 | + 54 | 99 | + 20 |
| Канаш | 343 | + 32 | 98 | — 1 |
| Куславкка | 235 | + 49 | 91 | + 20 |
| Элĕк | 334 | — 48 | 91 | — 15 |
| Тăвай | 339 | — 54 | 90 | — 28 |
| Сĕнтĕрвăрри | 275 | — 40 | 73 | — 18 |

## Тухăçлă пахча çимĕçшĕн

Сĕнтĕр районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозра пахча çимĕç лартса тăвас тĕлĕшпе икĕ çул хушши кăна ĕçлерĕç-ха. Апла пулин те хуçалăхăн çак отраслĕ самаях пысăк тупăш пачĕ.

Пирĕн пахча çимĕç калчисене шăтарса ӳстерме пысăк парник пур. Унта иртнĕ çул торфпа çĕрĕк тăпринчен тунă чӳлмексенче 46 пин калча çитĕнтертĕмĕр. Пахча çимĕç лартакан çĕр лаптăкне 5 гектара çитертĕмĕр, унта 8 йышши пахча çимĕç лартса çитĕнтертĕмĕр. Пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе ĕçлеме ятарласа бригада тунă.

Пахча çимĕçсем тухăçлă пулчĕç. Сăмахран, «Нантский» сортлă кишĕр 1 гектаринчен 252 центнер, «Белорусская» сортлă купăста—225 центнер, сухан—117 центнер пухса илтĕмĕр. Помидорпа хăяр та ăнса пулчĕç. Тухăçлă пахча çимĕç туса илме пире агротехника кăтартăвĕсене лайăх пурнăçласа пыни пулăшрĕ. Ĕлĕкрех пахча çимĕçсене йăрансем туса лартаттăмăр. Çапла туни ретсем хушшинче ĕçлессине самаях чăрмантарнă. Иртнĕ çул эпир пур йышши пахча çимĕçсене те тăваткал тĕмĕн лартрăмăр.

Пахча çимĕçрен тупăш чылай илтĕмĕр. Сăмахран, помидор лартнă кашни гектар пуçне колхоза 19 пин тенкĕ, сухан—21 пин тенкĕ, хăяр—13 пин тенкĕ тупăш пачĕ. Государствăна закуп шучĕпе панисĕр, колхоз пасарĕнче сутнисĕр пуçне колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх пахча çимĕç чылай валеççе панă.

Пирĕн бригада кăçал тухăçлă пахча çимĕç ӳстерме хатĕрленет. Участоксем çине тислĕк кăларатпăр, торфпа çĕрĕк тăпри хатĕрлетпĕр. Бригада членĕсем агротехника курсĕнче вĕренеççĕ.

Г. СЕРГЕЕВ.
Колхозри пахча çимĕç бригадирĕ.

## Вĕренӳ ăнăçлăхĕ учительсенчен нумай килет

КОМСОМОЛЬСКИ. Учительсен районти канашлăвĕ виçĕ ыйту—«Идеологилле ĕçе пурнăçран уйрăм туса пынине пĕтерес тĕлĕшпе учительсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен», «Хирти Сĕнтĕр вăтам шкулĕ çĕнĕ программăсем тăрăх мĕнле ĕçлени çинчен» тата «Класс руководителĕн ачасене воспитани парас ĕçри рольĕ çинчен» сӳтсе яврĕ.

Пĕрремĕш ыйтупа КПСС райкомĕн секретарĕ Р. Тарасова юлташ доклад туса пачĕ. Докладчик идеологилле ĕçе пурнăçпа çыхăнтарса пыракан шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçĕ те лайăхланнине палăртрĕ. Луцкинчи, Киров поселокĕнчи тата Çĕнĕ Сĕнтĕрти пуçламăш шкулсенче ачасем пурте вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраççĕ, Александровкăри, Асанкассинчи 7 çул вĕренмелли шкулсенче те пĕлӳ кăтартăвĕсем иртнĕ çулхисенчен чылай лайăхрах.

Çав вăхăтрах чылай шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçĕ хальхи требованисене тивĕçтермест. Хирти Сĕнтĕрти вăтам шкулта ачасен 18 процентĕ пĕрремĕш çурçулта начар паллăсем илнĕ. Комсомольскипе Урмаелĕнчи вăтам шкулсенче, Кивĕ Сĕнтĕрти 7 çул вĕренмелли, Ахметри пуçламăш шкулсенче те вĕренӳре ĕлкĕрсе пыманнисен хисепĕ пысăк.

Ачасем çирĕп пĕлӳ илесси учительсен ĕçĕнчен килет. Хырай Енелĕнчи 7 çул вĕренмелли шкулта ĕçлекен А. Самарина учительница программăри материала начар пĕлет, урoксене япăх ирттерет. А. Хораськина учительница та (Хирти Явăшри 7 çул вĕренмелли шкул) ачасене çирĕп пĕлӳ пама тăрăшмасть.

Хăшпĕр учительсем хăйсен пĕлĕвĕпе ăсталăхне ӳстерме тăрăшмаççĕ. Г. Катрамов, А. Кувшинов, В. Ямщиков учительсем вĕренӳ программисене пурнăçласа пымаççĕ. Антонов, Федотов тата Печкин заочниксем темиçе çул ĕнтĕ сессисене каймаççĕ. Ахметри пуçламăш шкул заведующийĕ Миронова юлташ хăйĕн политикăлла пĕлĕвне ӳстерме тăрăшмасть, хаçат-журнал вуламасть. Вăл партин XX-мĕш съезчĕ хăçан пуласси çинчен те пĕлмест.

Канашлура пулнисем Хирти Сĕнтĕрти вăтам шкул директорĕ И. Евгеньев юлташ тата Чурачăкри вăтам шкул директорĕ Ю. Сокольников юлташ тунă докладсене интересленсе итлерĕç. И. Евгеньев юлташ хăйсен шкулĕн коллективĕ çĕнĕ программăсене пурнăçлас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен тĕплĕн каласа кăтартрĕ.

Докладсем тăрăх 15 çын тухса каларĕ. Вĕсем кăçалхи вĕренӳ çулĕнчи ӳсĕмсемпе çитменлĕхсене тишкерсе тухрĕç, уйрăм шкулсен паха опычĕпе паллаштарчĕç тата шкулсене çителĕксĕр ертсе пынăшăн районти сутĕç пайне критиклерĕç.

Сутĕç пайĕн работникĕсем шкулсене ертсе пырас ĕçре кивĕ меслетсенчен хăтăлса çитмен. Çутĕç пайĕн заведующийĕ В. Андреев юлташ кашни шкулăн пурнăçĕпе ĕçне уйрăммăн пĕлмест, шкулсенче пулас вырăнне ытларах хутсем çырма юратать. Çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче районти 37 шкултан 16 шкулăн ĕçне кăна тĕрĕсленĕ, чылай çĕрте инспекторсем палăртнă çитменлĕхсене пĕтермен. Районта пурне те хутла вĕрентмелли закон çултан-çул пурнăçланса пымасть. Çак вĕренӳ çулĕнче 6 ача шкул тулашĕнче юлнă. Сентябрĕн 1-мĕшĕ хыççăн вĕренме пăрахнисен хисепĕ пысăк. 8-мĕш тата 9-мĕш классем тăрăх кăна 57 ача вĕренме пăрахнă. Урмаелĕнчи вăтам шкулăн 8-мĕш класне 35 ача пымалла пулнă, сентябрĕн 1-мĕшĕнче 17 ача пынă, халĕ 8 ача çеç вĕренет. Çавна май Урмаелĕнчи вăтам шкул хупăнас хăрушлăх умĕнче тăрать.

Районти вăтам тата 7 çул вĕренмелли шкулсенче 3.852 ача вĕренет, вĕсенчен 474 ача, е 12 процентĕ, вĕренӳре ĕлкĕрсе пыраймасть. 8-мĕшпе 9-мĕш классем тăрăх вара вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайманнисен хисепĕ 20 процент шутланать. Начар паллăсем илекенсен хисепĕ уйрăмах вырăс чĕлхипе тата математикăпа нумай.

Тухса калакансем Чăваш АССР Çутĕç министерствине, парти райкомĕпе райисполкома тата суту-илӳ организацийĕсене критиклерĕç. Çутĕç министерстви шкулсенче мастерскойсемпе ĕç пӳлĕмĕсем усма кирлĕ япаласене вăхăтра тупса пама пулăшмасть, республикăра малта пыракан шкулсен опытне сарас ĕçе йĕркелемен. Райсовет исполкомĕ учительсем валли пурăнмалли çуртсем тăвас ĕçе ертсе пымасть. Парти райкомĕн агитаципе пропаганда пайĕ учительсем хушшинчи идеологилле ĕçе вăйлатма тăрăшмасть.

Тухса калакансем çавăн пекех районти педкабинет ĕçне лайăхлатма, шкулпа çемье хушшинчи çыхăнăва çирĕплетме кирлине палăртрĕç. Анчах та шкулсенчи комсомолпа пионер организацийĕсен ĕçĕ çинчен пĕри те чарăнса тăмарĕ.

Т. ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

## Малтанхи утăмсемпе лăпланмалла мар

ЙĔПРЕÇ. Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче шкулсем çĕнĕ вĕренӳ планĕ тата çĕнĕ программăсем тăрăх ĕçлеме пуçларĕç. Ку вăл аслăрах классенче электротехника, машиноведени, ялхуçалăх практикумĕсем ирттерме, политехникăлла вĕренĕве пурнăçа кĕртсе пыма май пачĕ.

Анчах хăшпĕр шкулсем хăйсен ĕçне çĕнетсе йĕркелемен, çĕнĕ программăсем тăрăх ĕçлессине вăраххăн пурнăçа кĕртсе пыраççĕ. Уйрăм учительсемпе шкул руководителĕсем кивĕлле ĕçлеççĕ, хăйсен ăсталăхне ӳстерме, малта пыракан ĕç меслечĕсемпе анлăн усă курма тăрăшмаççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ чылай шкулсенче практикăлла занятисем ирттерме мастерскойсем уçман, машиноведенипе практикумсем тата ал ĕç урокĕсем ирттерме кирлĕ хатĕрсем туянман. Çавна пула ĕçлев урокĕсене ытти предметсемпе улăштараççĕ.

Учительсен районти канашлăвĕ чылай шкулсенче вырăс чĕлхи вĕрентесси кирлĕ пек пыманнине палăртрĕ. Вырăс чĕлхи вĕрентекен учительсем чылай чухне урoксене начар ирттереççĕ. Чăваш шкулĕсенчи учительсем çак урoксенче хăйсем те чăвашла калаçаççĕ. Хăмпуç Патăрьелĕнчи, Эйпеçри çичĕ çул вĕренмелли шкулсенчи Румянцевăпа Калитова учительницăсем занятисене хатĕрленмесĕр пыраççĕ.

Чернореченскинчи çичĕ çул вĕренмелли шкулти Соколова тата Христофорова учительницăсем çутĕç пайĕн инспекторĕсене хăйсене «ревизорла» тыткаланăшăн, учительсен опытне тĕпчесе вĕренменшĕн тата çамрăк учительсене практикăлла пулăшу паманшăн критиклерĕç.

Районти педагогика кабинечĕ начар ĕçлет. Вăл канашлу кунĕсенче те пулин малта пыракансен опычĕпе паллаштарма педагогикăлла выставка йĕркелемен.

Канашлура пулнисем районти çутĕç пайне шкулсене начар ертсе пынăшăн тата районти организацисем политехникăлла вĕренĕве йĕркелес ĕçре шкулсене пулăшу паманшăн критиклерĕç.

Канашлу вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе паха мероприятисем туса ирттерме палăртрĕ.

В. КУЗНЕЦОВ.
(Хамăр корр.).

## Çуракине хатĕрленеççĕ

ÇĔРПӲ. (Хамăр корр.). Районти колхозсенчи уй-хир бригадисем хушшинче хире тислĕк тата ытти удобренисем кăларас тĕлĕшпе социализмла ăмăрту анлăн сарăлса кайрĕ. Иртнĕ çул вĕçĕнче «Память Ленина» колхоз членĕсем районти мĕнпур колхозсене уй-хире тислĕк нумайрах хатĕрлесе кăларма чĕнсе каланăччĕ. Халĕ ăмăрту пуçаракан колхозра ку енĕпе пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Е. Арсентьев бригади çĕнĕ çул тĕлне уй-хире 500 тонна тислĕк кăларнă, районта пĕрремĕш вырăн йышăннă. Иккĕмĕш вырăнта—Г. Ядров ертсе пыракан бригада, вăл 445 тонна тислĕк кăларнă, 353 тонна тислĕк кăларнă И. Белкин бригади виççĕмĕш вырăнта.

Хрущев ячĕпе тăракан, «Дружба», «Богатырь» тата «Цивильстрой» колхозсенче те уй-хире тислĕк кăларас ĕç лайăх пулса пырать. Ку тĕлĕшпе ĕçлеме комсомолецсемпе çамрăксен бригадисене тунă.

# Социализм çулĕпе

*Албани Халăх Республики 10 çул тултарнă май*

Вунă çул каялла, 1946 çулхи январĕн 11-мĕшĕнче, Албани Халăх Республикине туса хуни çинчен пĕлтернĕ. Çапла Албани халăхĕн ĕмĕрхи ĕмĕчĕ пурнăçланнă, вăл нумай ĕмĕрлĕ историре малтанхи хут хăйĕн пурнăçĕн тата хăйĕн çĕршывĕн хуçи пулса тăнă.

Албани халăх демократи государствине Албанири ĕççыннисем, коммунистсем ертсе пынипе, нацилле ирĕклĕхшĕн кĕрешсе тата халăх революцийĕнче çĕнтернĕ хыççăн туса хунă.

1939 çултах, фашистла Итали Албание оккупациленĕ хыççăн, ирĕклĕхе юратакан Албани халăхĕ хăйĕн тăван çĕршывне ирĕке кăларасшăн кĕрешме тытăннă. Гитлерла Германи Совет Союзне тапăннă хыççăн Албани халăхĕн ирĕклĕхшĕн пынă вăрçи уйрăмах вăйланса кайнă. Албанири Коммунистсен партийĕ чĕннипе рабочисем, хресченсем, ремесленниксем пиншер çын сăрт-тусем çине кайса партизансен отрячĕсене пĕрлешнĕ. Каярахпа çав отрядсенчен Албанин ирĕклĕхшĕн кĕрешекен халăх çарĕ пулса тăнă.

Албани халăхĕн ирĕклĕхшĕн кĕрешмелли тĕрĕслĕхлĕ вăрçи çĕнтерӳпе вĕçленнĕ. Совет Çарĕсем Балканра гитлерла çарсене çĕмĕрсе тăкнă хыççăн, Албани патриочĕсем фашистсен оккупацилле отрячĕсене çĕршывран хăваласа кăларнă. 1944 çулхи ноябрĕн 17-мĕшĕнче çĕнтерӳ туса пыракан халăх çарĕсем Тирана хулине çитсе кĕнĕ, ноябрĕн 29-мĕшĕнче вара Албани çĕрне пĕтĕмпех захватчиксенчен тасатса çитернĕ.

Çĕршывра власть халăх аллине кусnă. Ирĕклĕхшĕн кĕрешнĕ вăхăтра туса хунă Энвер Ходжа юлташ ертсе пынă халăх правительстви демократилле тата социализмла улшăнусем тумалли пысăк программăна пурнăçлама тытăннă.

Çĕршывра фашизм юлашкийĕсене пĕтĕмпех çĕмĕрсе тăкнă. Ятарласа туса хунă халăх сучĕсем çар преступникĕсене тата оккупантсене пулăшнă çынсене хытă айăпланă. Фашистла законсене пăрахăçа кăларнă. Албанири ĕççыннисем чăн-чăн ирĕклĕ тата демократилле правасем илнĕ. Каярахпа халăх правительстви, Коммунистсен партийĕ пуçарнипе, çĕр реформи туса ирттернĕ, промышленноçа, банксене тата транспорта национализациленĕ.

Албание Халăх Республики туса хуни питĕ пысăк ĕç пулнă. Вăрçă вăхăтĕнче халăх представителĕсем урăх çĕршыва тарнă Ахмет Зогу короле çĕршыва таврăнма чарасси çинчен решени йышăннă. Анчах ун чухне монархие пĕтермен пулнă. 1946 çулхи январьте халăх республики туса хунипе Албани халăхĕ ылханлă монархи йĕркисене яланлăхах пĕтернĕ.

1946 çулхи мартăн 14-мĕшĕнче Албани Халăх Республикин çĕнĕ, чăннипех демократилле конституцине йышăннă, çапла халăх кĕрешсе илнине законпа çирĕплетсе хунă.

Халăх власĕ пулнăранпа Албанире политика, хуçалăх тата культура строительствинче пысăк çитĕнӳсем тунă.

Иртнĕ вăхăтра Албани кая юлнă çĕршыв пулнă. Унта промышленность пулман та темелле. Албанире ют çĕршывсен капиталĕ, пуринчен ытла Итали капиталĕ хуçаланнă. Власра тăракан ушкăнсем Ахмет Зогу корольпе пĕрле сутăнчăкла политика тытса пынă пирки Албани 1939 çулхи апрельте, Итали хĕçпăшалпа тапăнса кĕричченех, фашистла Италие чĕртаварсем парса тăракан колонийĕн çĕршыв пулса тăнă. Суту-илĕве, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, финанссене, почтăна, тинĕссем тăрăх тата сывлăш тăрăх çыхăну тытассине—çавсене пĕтĕмпех Итали контроллесе тăнă. Италири капиталистсем Албани вăрманне, хром тата тимĕр рудникĕсене, битум кăлармалли вырăнсене тата ытти пуянлăхсене вăрă-хурахла çаратнă.

Албанири ĕççыннисем ют çĕршывсенчен пынă тата хăйсен çĕршывĕнче пулнă пусмăрçăсене сирпĕтсе антарнă хыççăн, çĕршывăн экономикине хăвăрт аталантарма кирлĕ условисем пулса тăнă. Совет Союзĕ тата халăх демократи çĕршывĕсем тӳрĕ кăмăлпа пулăшнипе Албани халăх хуçалăхне хăвăрт вăйлатнă, вăрçă тата оккупантсем кӳнĕ суранĕсене кĕске срокра тӳрлетсе çитернĕ.

Çав задачăна ăнăçлă пурнăçланă хыççăн, Албанири ĕçлĕх партийĕ*), марксизм-ленинизм социализмла индустриализаци çинчен вĕрентни тăрăх ĕçлесе, çĕршывра промышленность туса хурас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеме тытăннă. Вара Албани промышленноçа аталантарас ĕçре кĕске срокра пысăк утăм тунă. Фабрикăсем, заводсем, шахтăсем, электростанцисем нумай туса лартнă, вĕсенче çĕнĕ техникăпа ĕçлеççĕ. Çĕнĕ предприятисем шутĕнче чи пысăккисем çаксем—Сталин ячĕпе тăракан пир-авăр комбиначĕ, металран япаласем тăвакан Энвер Ходжа ячĕпе тăракан завод, цемент, сахăр заводĕсем, çĕр мамăкĕ тата рис тасатакан заводсем, хром кăлармалли рудник, атă-пушмак, сĕтел-пукан фабрикисем тата ыттисем те.

Хăй пуçпулса тăнă вăхăтра буржуази Албанире мĕн пурĕ те 70 пĕчĕк предприяти çеç туса лартнă. Халăх власĕ пулнăранпа 10 çул хушшинче 140 промышленность предприятийĕ, вăл шутра темиçе пысăк предприяти туса пĕтерсе ĕçе янă. 1955 çул вĕçленнĕ тĕле промышленность производстви, вăрçă умĕнхипе танлаштарсан, 12 хут ытла ӳснĕ.

Индустриализаци политикине ăнăçлă пурнăçласа пынă май халĕ Албани промышленноçĕ халăха тата çĕршывăн халăх хуçалăхне иртнĕ вăхăтра урăх çĕршывсенчен кӳрсе килнĕ нумай япаласем парса тăрать, вăл шутра—пиусем, сӳресем тата ытти ялхуçалăх ĕç хатĕрĕсем, пиравăр, сахăр, цемент тата ытти те. Вăрçă умĕнхи вăхăтра Албани промышленноçĕ 88 йышши промышленность продукцийĕ туса кăларнă пулсан, хальхи вăхăтра тĕрлĕрен япаласем 800 яхăн туса кăларать. Албани тырпул акса тăвакансен тата кĕтӳçсен çĕршывĕ çеç мар, металлистсен, пир-авăр тĕртекенсен, горняксен çĕршывĕ пулса пырать.

Албани халăхĕ çĕршыва электрификацилес ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунă. Вăрçăччен Албанире 13 пĕчĕк электростанци çеç пулнă, вĕсен пĕтĕм хăвачĕ 3,2 пин киловатт шутланнă. Халăх нумай пурăнакан 12 вырăнта кăна электричество сутпипе усă курнă. Ирĕке тухнă хыççăн çĕршывра электростанцисем 70 ытла туса лартнă, электроэнерги туса кăларасси 40 хут ӳснĕ.

Çĕршывăн ялхуçалăхĕнче те пысăк улшăнусем пулнă. Вăрçă умĕнхипе танлаштарсан, тырпул акмалли пĕтĕм çĕр лаптăкĕ 70 процент, вăл шутра тĕштырăсем акмалли çĕр лаптăкĕ 38 процент ӳснĕ. Халăх власĕ пулнăранпа техникăлла культурăсем ытларах акма тытăннă, çав культурăсене акмалли çĕр лаптăкĕ 12 хут ӳснĕ. Хлопчатник, табак, сахăр кăшманĕ, рис тата ытти культурăсем нумай ытларах акса тума тытăннă. Тĕштырă, çĕр мамăкĕ, табак пухса кĕртесси нумай ӳснĕ.

Албанири ĕçлĕх партийĕ пуçарнипе çĕршывра агротехникăлла пысăк ĕçсем туса ирттернĕ, шурлăхсене типĕтме 5.000 километр тата уй-хирти тырпула шăварма 2.100 километр каналсем чавнă.

Çĕр помещиксен аллинче пулнине халăх власĕ пĕтернĕ, помещиксен çĕрне ĕç хресченĕсене панă. Çĕр реформи туса ирттернипе çĕре тĕрĕс мар валеçнине пĕтернĕ, анчах çак реформа хресченсен хуçалăхĕсем вакă пулнине пĕтерме пултарайман. Истори опычĕ кăтартса панă тăрăх, ялхуçалăхĕ кая юлнине пĕтерме, вăл суталăх продукци туса кăларассине ӳстерме, çавăн пекех тата ĕç хресченĕсен пурнăçне лайăхлатма, вĕсен культурăлла шайне ӳстерме ялта социализмла улшăнусем тумалла, ĕç хресченĕсен уйрăм хуçалăхĕсĕне коллективлă хуçалăхсене пĕрлештермелле, çапла вара механизациленĕ шултра производство туса хумалла. Çакна асра тытса, Албанири ĕçлĕх партийĕ ялхуçалăх производство кооперативĕсем тăвас çулпа пырать.

Албани правительстви 21 машинатрактор станцийĕ организациленĕ. Ялхуçалăх производствинче машинăсемпе усă курма пуçлани производство кооперативĕсене пĕрлешессине вăйлатма пулăшнă. Çав вăхăтрах рабочи класĕ ялти ĕçсене ертсе пырасси вăйланнă. Хуларан янă тата ялти çамрăксенчен вĕрентсе хатĕрленĕ трактористсем, комбайнерсем, механиксем рабочи класăн çĕнĕ отрячĕ пулса тăнă, вăл ялхуçалăхне социализмла никĕс çинче çĕнетес тата хресченсене социализмла майлă воспитани парас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Хальхи вăхăтра Албанире ялхуçалăх производство кооперативĕсем 242 шутланаççĕ, вĕсенче ĕç хатĕрĕсене пĕрлештернĕ тата тупăшсене валеçесси те социализмла принцип тăрăх пулса пырать. (Кунсăр пуçне, 200 яхăн ялхуçалăх коллективĕсенче уй-хир ĕçĕсене пĕрлешсе тăваççĕ. Ялсенче государство хуçалăхĕсем 21 хуçалăх туса хунă.

Албани халăхĕ хăйĕн çĕршывĕнче социализмăн экономикăлла никĕсĕсене хывас тĕлĕшпе чылай пысăк çитĕнӳсем тунă. Албани экономикинче социализмла сектор пуçпулса тăрать. 1954 çулта çĕршыври промышленность продукцине пĕтĕмпе пекех государствăпа кооперативи промышленноçĕ туса кăларнă. Транспорт, банксем тата тулашри суту-илӳ пĕтĕмпех государство аллинче. Государствăпа кооперативи суту-илӳ организацийĕсен тавар çаврăнăшĕ пĕтĕм тавар çаврăнăшĕнче 80 процент ытла йышăнать. Ялхуçалăхĕнче тырпул акмалли пĕтĕм çĕрĕн 18 проценчĕ социализмла сектор аллинче.

Ют çĕршывсем пусмăрланă пирки Албани культура тĕлĕшпе Европăри ытти çĕршывсенчен нумай кая юлнă. Çĕршыври халăхăн 83 проценчĕ хутла пĕлмен. Албанире аслă шкул, театр, музей пĕрре те пулман. 1938 çулта Албанире çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсем 11 çеç пулнă.

Ирĕке тухнăранпа Албанире формипе нацилле, содержанийĕпе социализмла культура хăвăрт аталанса пырать. Халĕ 40 çултан иртмен çынсем пурте пекех хутла пĕлеççĕ. Ачасене пурне те тăватă çул, хăшпĕр хуласенче çичĕ çул вĕрентеççĕ. Çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсем 344 шкул усnă, пуçламăш шкулсен шучĕ виçĕ хут ытла ӳснĕ. Хальхи вăхăтра Албанире аслă шкулсем 6 тата техникумсем 13 ĕçлеççĕ. Албанири инженерсем, врачсем тата ытти специалистсем 1.100 çын ытла СССР Союзĕнче тата халăх демократи çĕршывĕсенче вĕреннĕ, вĕсем халĕ тăван çĕршывра хăйсен халăхĕшĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Тирана хулинче Наукăсен институчĕ уснă, вăл—Наукăсен пулас академийĕн никĕсĕ. Çĕршывра çĕнĕ культура учрежденийĕсем—11 музей, 6 театр, нумай библиотекăсем, киностудисем уснă. Кĕнекесем, хаçатсем тата ытти изданисем пысăк тиражпа пичетлесе кăлараççĕ, хаçат-журналсен тиражĕ, вăрçă умĕнхипе танлаштарсан, 6 хут ӳснĕ. Буржуалла культурăн кивелсе кайнă йăлисене хирĕç кĕрешсе, Албанире ли-

*) 1948 çулта Албанири Коммунистсен партийĕн ятне улăштарнă, унтанпа вăл Албанири ĕçлĕх партийĕ ятлă.

## „Республикăри чи лайăх птичница" ятне илнисенчен пĕри



ИРИНА ГРИГОРЬЕВА—

Çĕрпӳ районĕнчи «Цивильстрой» колхозри птичница. Вăл иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче хăйне çирĕплетсе панă кашни чăхран вăтам шутпа 104-шар çăмарта илнĕ.

Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

## Ялхуçалăх институтĕнчи хĕллехи экзаменсем

Чăвашсен ялхуçалăх институтĕнче январĕн 6-мĕшĕнчен экзаменсем пыраççĕ. Экзаменсене пиллĕкмĕш курсри студентсем уйрăмах тĕплĕн хатĕрленнĕ. Пĕрремĕш предметпа экзамен тытнă чухне агрономи факультетĕнче вĕренекенсенчен пĕри те начар паллă илмен.

Кĕçĕн классенче вĕренекен студентсем те экзамен тытма тăрăшса хатĕрленнĕ. Сăмахран, агрономи факультетĕнчи 1-мĕш курсра вĕренекен 22 студентран 15 студент зоологи предмечĕпе «4» тата «5» паллă илнĕ.

Экзаменсене хатĕрленес ĕçре студентсене институтри библиотека нумай пулăшать. Халĕ общежити çумĕнче ятарласа библиотека уйрăмне уçнă, унтан студентсемпе студенткăсем хăйсене кирлĕ учебниксем илме пултараççĕ.

Студентсен хĕллехи экзаменĕсем çинчен «Мичуринец» стена хаçатĕнче анлăн çутатаççĕ.

А. ПЕТРОВ.
М. КОШКИН.

### РЕСПУБЛИКĂРИ КОЛХОЗСЕНЧЕ ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ВИТИСЕМ ТАТА СИЛОС СООРУЖЕНИЙĔСЕМ ТĂВАС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН
### сводка

(1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| Районсем | Выльăх-чĕрлĕх витисем тунă | Стенисене çирĕплетнĕ силос сооруженийĕсем тунă | Районсем | Выльăх-чĕрлĕх витисем тунă | Стенисене çирĕплетнĕ силос сооруженийĕсем тунă |
|---|---|---|---|---|---|
| Канаш | 187,0 | 138,5 | Ишлей | 102,6 | 85,6 |
| Çĕрпӳ | 163,4 | 68,3 | Октябрьски | 99,4 | 55,8 |
| Муркаш | 154,1 | 86,7 | Элĕк | 99,1 | 164,6 |
| Шăхасан | 143,4 | 125,7 | Чкаловски | 98,8 | 118,9 |
| Пăрачкав | 142,8 | 218,5 | Шупашкар | 98,7 | 78,8 |
| Советски | 131,1 | 124,2 | Куславкка | 89,2 | 183,1 |
| Елчĕк | 125,8 | 118,7 | Первомайски | 88,0 | 205,1 |
| Комсомольски | 123,9 | 82,0 | Шăмăршă | 86,8 | 108,6 |
| Çĕмĕрле | 118,1 | 108,7 | Хĕрлĕ Чутай | 81,5 | 101,8 |
| Етĕрне | 118,0 | 278,5 | Тăвай | 74,3 | 78,6 |
| Вăрнар | 117,0 | 51,2 | Сĕнтĕр | 72,6 | 128,2 |
| Чурачăк | 116,2 | 113,7 | Йĕпреç | 71,2 | 113,5 |
| Кувакино | 116,2 | 106,2 | Красноармейски | 68,7 | 102,6 |
| Калинино | 109,0 | 100,5 | Сĕнтĕрвăрри | 53,8 | 130,7 |
| Вăрмар | 104,1 | 103,3 | Улатăр | 38,7 | 99,6 |

тературăпа искусство ăнăçлăн аталанса пыраççĕ.

Халăх влаçĕ пулнăранпа ĕççыннисен пурнăçĕ нумай лайăхланнă. Вăрçă хыççăнхи вăхăтра куллен кирлĕ таварсен хакне виçĕ хут йӳнетнĕ, халăх илекен таварсен шучĕ тата ассортименчĕ нумайланнă.

Албани Халăх Республики Совет Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе тăванла туслă çыхăнусем тытать. Вăл мире юратакан государствăсен хăватлă çемйинче пурăнать, вĕсем пĕр-пĕринпе ленинла пролетарилле интернационализм принципĕсем тăрăх çыхăнусем тытаççĕ, туслă пурăнаççĕ тата пĕр-пĕрне пулăшаççĕ. Социализм лагерĕнчи çĕршывсем Албание экономика тĕлĕшпе тата наукăллатехникăлла пулăшу парса тăраççĕ.

Хăйне фашизм пусмăрĕнчен хăтăлма пулăшнă тата социализмла общество тăвас ĕçре пулăшакан совет халăхне Албани халăхĕ чунтан-чĕререн тав тăвать, ăна юратать, хăйĕн тусĕ тесе шутлать.

Албани Халăх Республикин правительстви халăхсем мирлĕ пурăнмалли политика тытса пырать, халăхсен туслăхне çирĕплетме тăрăшать. Совет Союзĕпе мире юратакан ытти çĕршывсен тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма тата пур çĕршывсемшĕн те хăрушсăрлăх туса хума тăрăшса тăвакан ĕçсенче Албани Халăх Республикин правительстви те активлă пулăшать.

Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев юлташсем Индие, Бирмăна тата Афганистана кайса çӳренине, çак историлле ĕçе Албанири ĕççыннисем хĕрӳллĕн ырларĕç, мĕншĕн тесен ку вăл мире тата тĕнчери çĕршывсем килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетме вăй хуни пулчĕ.

Албани хăйĕн тулашри политикинче унăн прависемпе суверенитетне хисеплекен мĕнпур çĕршывсемпе туслă çыхăнусем тытма тăрăшать. Уйрăммăн илсен, юлашки вăхăтра Албанипе Югослави хушшинчи çыхăнусене лайăхлатас тĕлĕшпе ситĕнӳсем тунă. Албанипе Германи хушшинчи хутшăнусем вăрçă вăхăтĕнчи пек пулнине пăрахăçа кăларнă. Албани хăйĕн кӳршипе—Грецие йĕркеллĕ çыхăнусем тытма тăрăшать.

Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ Албани Халăх Республикине çак пĕтĕм тĕнчери организацие илме йышăнчĕ,—ку хыпара Албани халăхĕ кăмăлласа йышăнчĕ. Албани ООН ĕçне хутшăнни республикăн тĕнчери лару-тăрăвне çирĕплетет тата вăл ытти çĕршывсемпе тытакан çыхăнусене сарма пулăшать.

Албани Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Мехмет Шеху Н. А. Булганин юлташ патне янă телеграммăра Албани халăхĕ Совет Союзне Албание ООН членне илес ыйтăва татса пама пулăшнăшăн хĕрӳллĕн тав туни çинчен каланă. Албани Халăх Республики, тесе каланă малалла телеграммăра, ООН членĕ пулса, мире, тĕнчери хăрушсăрлăха çирĕплетес, çĕршывсем килĕштерсе ĕçлемелле тăвас тĕлĕшпе ССР Союзĕпе тата ытти мире юратакан çĕршывсемпе пĕрле вăй хурса ĕçлĕ.

* * *

Албани Халăх Республикине туса хунăранпа 10 çул тултарни Албанин пĕрремĕш пилĕк çуллăх планне (1951—1955 çулсем) ăнăçлă пурнăçласа çитернипе пĕр вăхăтра килчĕ. Пĕрремĕш пилĕкçуллăхра республика хуçалăх строительствинче, халăх пурнăçне лайăхлатас тата унăн культурăлла шайне ӳстерес тĕлĕшпе пысăк ситĕнӳсем тунă. Çав ситĕнӳсем çине таянса, Албанири ĕççыннисем 1956 çулта çĕршывăн экономикипе культурине аталантармалли иккĕмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлама тытăнчĕç. Демократилле çĕршывсем пулăшнипе, хăйĕн тăван партийĕ—Ĕçлĕх партийĕ тĕрĕс ертсе пынипе Албани халăхĕ социализмла общество тумалли çулпа малалла кайса пырать. Албани Халăх Республики 10 çул тултарнă кунсенче Совет Союзĕнчи халăхсем Албанири тăван халăха социализм çулĕпе пырса çĕнĕ ситĕнӳсем тума ырă сунаççĕ.

М. ПОЗОЛОТИН.

## Малта пыракан дояркăсем патĕнче

ВĂРМАР. Ленин ячĕпе тăракан колхозри дояркăсем иртнĕ ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçленĕ. 1954 çулхипе танлаштарсан, ĕнесенчен сĕт суса илесси икĕ хута яхăн ӳснĕ, кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.120-шер литр сĕт суса илнĕ. Анчах çак ӳсĕм дояркăсене çырлахтарма пултарайман. Ялхуçалăх çулĕн итогĕсене пăхса тухнă чухне вĕсенчен кашниех кӳренсе каласнă.

— Республикăри малта пыракан дояркăсемпе танлаштарсан, эпир ĕнесенчен сĕт ытла та сахал суса илетпĕр-ха. Çакă вăл рациона тĕрлĕ апат ытларах кĕртменнинчен тата выльăх пăхакансен зоотехникăлла пĕлӳ çителĕксĕр пулнинчен килмест-ши?—тенĕ дояркăсем.

Артель правленийĕн тĕплĕн шухăшласа пăхма тивнĕ. Иртнĕ кĕркунне 915 тонна силос хывса хăварнă пулнă. Правлени членĕсенчен хăшпĕрисем ăна выльăхсене хĕллехи уйăхсенче кăна çитерме сĕннĕ. «Çанталăк ăшăрах чухне урăх апат парăпăр, пурпĕрех сĕт чакмĕ»,—тенĕ вĕсем. Председатель выльăх-чĕрлĕх пăхакансем патне çитнĕ—вĕсен шухăшĕ кăмăлĕсем йăлтах урăхла пулнă.

— Кукуруза силосĕ—сĕт ытларах суса илме май паракан апат,—тенĕ дояркăсем,—ĕнесене халех силос çитерме пуçламалла.

Çапла вара, ĕнесене октябрь уйăхĕнчен пуçăнсах силос пама тытăннă.

— Ĕнесен рационне эпир кукуруза силосĕпе пĕрле утă-улăм, çĕрулми тата концентратлă апатсем чылай кĕртрĕмĕр,—каласа парать пире ĕне фермин заведующийĕ зоотехник Казаков юлташ.

Фермăра кормозапарник пур. Улăма çемçетнĕ чухне кашни витре шыв пуçне 250—300-шер грамм тăвар яраççĕ. Кун хыççăн дояркăсем ăна посыпкăпа хутăштараççĕ те ĕнесене çитереççĕ. Посыпкăна ĕнене хăйĕн организмне тытса тăма талăкра 500 грамм тата планран иртерсе суса илнĕ кашни литр сĕт пуçне 300-шер грамм параççĕ. Доярка планран иртерсе миçе литр сĕт ытларах сăвать, хăй пăхакан ĕнесене çитерме те вăл çавăн чухлĕ посыпка ытларах илет.

Сăмахран, Галина Сергеева доярка декабрь уйăхĕн малтанхи вунăкунлăхĕнче планпа пăхниинчен 64 литр сĕт ытларах сунă, кунşăн вăл ĕнесене çитерме 16,0 килограмм посыпка ытларах илнĕ. Нина Владимирова, Ольга Данилова дояркăсем те сĕт сумалли плана иртерсе тултарнă, посыпка чылай илнĕ.

Вĕри шывра çемçетнĕ улăма дояркăсем ĕнесене ăшăллах çитерме тăрăшаççĕ. Сивĕ çанталăкра улăм шăнса ларма пултарать. Çакна шута илсе, правлени ĕнесене улăм пăтратса пама каткасем туяннă.

Артель правленийĕ çĕнĕ хуçалăх çулĕнче ĕнесене тăрантарма çĕрулми чылай уйăрнă. Хальхи вăхăтра фермăри кашни ĕнене талăкра 3-шер килограмм çĕрулми çитереççĕ. Иртнĕ хĕлте дояркăсем ĕнесене çĕрулмине чĕрĕллех çитернĕ, халĕ вара пĕçерсе параççĕ.

Колхоз иртнĕ çул 60 гектар ытла кукуруза акнă, çавна май кукуруза симĕс массинчен 620 тонна, кукуруза пуçĕнчен 30 тонна силос хывнă. Çак кунсенче кашни ĕнене талăкра 20-шер килограмм силос параççĕ. Кукуруза силосне çинĕ хыççăн ĕнесем сĕт ытларах паракан пулнă. Фермăри дояркăсем кун çинчен кăмăллăн каласа кăтартаççĕ.

Дояркăсем ĕнесене çирĕп кун йĕрки тăрăх пăхаççĕ, талăкра виçĕ хутчен тăрантараççĕ тата шăвараççĕ.

Фермăри ĕç ирхине тăватă сехет çурăрах пуçланать. Дояркăсем малтан ĕнесене сăваççĕ, унтан вĕсене кукуруза силосĕ параççĕ, ăшă шывпа шăвараççĕ. Кăнтăрла ĕнесене уçă сывлăшра уçăлтарса çӳретеççĕ. Кăнтăрла иртсен 4—5 сехетре иккĕмĕш хут сăваççĕ, кун хыççăн клевер ути е тулă улăмĕ çитереççĕ.

Артель правленийĕпе пуçламăш парторганизаци выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинчи социализмла ăмăртăва анлăн сарма тăрăшаççĕ. Ĕнесенчен сĕт нумайрах суса илессишĕн пыракан ăмăртура мала тухнă дояркăсене хĕрлĕ ялав тата укçан премии параççĕ. Кунсăр пуçне дояркăсем ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх та укçа илеççĕ. Артель правленийĕ, дояркăсем сĕт суса илмелли уйăхри плана тултарнă пулсан, вĕсене кашни литр пуçне тăватшар пус, планран иртерсе суса илнĕ кашни литр сĕтшĕн вуншар пус тӳлет.

Социализмла ăмăрту итогĕсене тăтăшах тĕрĕслесе тăраççĕ. Çĕнĕ хуçалăх çулĕн малтанхи икĕ уйăхĕнче Ольга Данилова доярка мала тухнă. Вăл хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 201-шер литр сĕт суса илнĕ, республикăри малта пыракан дояркăсен ретне тăнă. Хастарлă доярка çак чыслă ята çулталăк тăрăшшĕпех упрама тăрăшать.

Колхоз председателĕ Василий Спиридонович Спиридонов юлташ обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерме пысăк вăй хурать. Ферма работникĕсем патĕнче вăл тăтăшах пулать, вĕсен ыйтăвĕсемпе нушисене вăхăтра тивĕçтерме тăрăшать. Дояркăсене ĕçре тăхăнмалли халатсем туянса панă. Пушă вăхăта культурăллă ирттерме фермăра хĕрлĕ кĕтес пур.

Выльăх-чĕрлĕх пăхакансен квалификацине ӳстерес шутпа фермăра зоотехника кружокĕ йĕркеленĕ. Ăна Казаков зоотехник ертсе пырать. Кружокра пурĕ 15 çын вĕренеççĕ.

Ленин ячĕпе тăракан колхозри дояркăсем çĕнĕ хуçалăх çулĕн малтанхи уйăхĕсенче хăшпĕр ӳсĕмсем тунă. 1954 çулхи октябрьпе ноябрь уйăхĕсенче вĕсем кашни ĕнерен вăтам шутпа 38-шар литр сĕт суса илнĕ пулнă. Халĕ çак хушăра кашни ĕнерен 138-шар литр сунă, районти дояркăсен ăмăртăвĕнче малти вырăна тухнă. Икĕ уйăхри итогсем тăрăх ферма КПСС райкомĕпе райисполкомăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулнă.

Дояркăсем КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва анлăн хутшăннă. Кăçал вĕсем хăйсене çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 1.650-шар литр, вăл шутран съезд уçăлнă кун тĕлне 400-шер литр сĕт суса илме йышăннă. Çак обязательствăна чыслăн пурнăçлассишĕн дояркăсем хăйсен пĕтĕм вăйне, пултарулăхне хураççĕ.

В. ВАСИЛЬЕВ.

## Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хакламаççĕ

ЭЛĔК. Малашлăх план мĕнле пурнăçланса пыни çинчен сăмах хускатсан, «Красный Октябрь» колхоз руководителĕсем çакăн пек калама юратаççĕ:

— Тырпул тухăçлăхĕ иртнĕ çулта чылай ӳсрĕ. Колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх тырă ытларах валеçсе пама тăрăшатпăр.

Лăн та, тырпул тухăçлăхĕ 1955 çулта палăрмаллах ӳснĕ. Кашни гектартан вăтам шутпа 15,3-шер центнер тырпул пухса кĕртнĕ. Колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 3-шер килограмм тырă валеçсе пама палăртнă.

Анчах колхоз руководителĕсем хуçалăхăн тĕп отраслĕне—обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарассине—тивĕçлĕ вырăна хумаççĕ. 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне ĕнесем тата чăх-чĕпсем ĕрчетмелли плана тултарман. Фермăсенчен илекен тупăш ӳсмест, пачах урăхла, чакса пырать. Сăмахран, выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш 1955 çулта 1954 çулхинчен 46 пин тенкĕ сахалрах. 1954 çулта кашни сысна аминчен 13,3-шер çура илнĕ пулсан, иртнĕ хуçалăх çулĕнче 6-шар çура çеç илнĕ. Çăмарта, сĕт илесси те чылай чакнă.

Выльăх-чĕрлĕхе тĕрлĕрен апатпа, çирĕп рацион тăрăх тăрантарассине йĕркелемен. Утă-улăма перекетлемеççĕ. Ĕнесене хĕле кĕнĕренпе концентратлă апатпа сĕткенлĕ апат нимĕн чухлĕ те паман. Çавăнпа кунта халĕ 18 ĕнерен талăкра 45 литр çеç сĕт суса илнинчен тĕленмелли çук.

Фермăри пур ĕçсене те дояркăсем хăйсемех тăваççĕ. Утă-улăма фермăна турттарма, апат хатĕрлеме пулăшакан колхозниксем уйăрса паман. Çак ĕçсене тунăшăн дояркăсене ĕçкунĕ тӳлемеççĕ.

Сысна витин стенисем çĕрсе пĕтнĕ, урайсарман вырăнсенче çуркуннепе кĕркунне ашса тухмалла мар пылчăк çăралать. Кĕркунне сысна вити туса пĕтерчĕç. Анчах чӳречисене лартман тата хăшпĕр вак-тĕвек ĕçсене туса çитермен пирки, сыснасене халĕ те кивĕ витерех усраççĕ. Чăх-чĕп фермиинче те ĕç япăх пулса пырать. Кунта хĕле кĕнĕренпе 52 чăх вилнĕ.

Ферма работникĕсене ăнăçлă ĕçлеме кирлĕ условисем туса паман, вĕсен ĕçре тăхăнмалли халатсемпе атă-пушмаксем те çук. Выльăх апачĕ пĕçерсе хатĕрлес ĕçе тивĕçлипе йĕркелемен-ха. Колхозăн 2 кормозапарник пур, пĕрне нумаях пулмасть çеç туяннă. Анчах вĕсемпе усă курмаççĕ. Кормокухня та ĕçлемест.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе колхозри парти тата комсомол пуçламăш организацийĕсем сахал интересленеççĕ. Фермăсенче пĕр коммунист та, пĕр комсомолец та ĕçлемест. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче социализмла ăмăрту йĕркелемен. Политикăлла-массăлла ĕçе туса ымаççĕ. Хĕрлĕ кĕтес çук. Фермăсенче ĕçлекенсем валли пĕр хаçат-журнал та çырăнман.

«Красный Октябрь» колхозра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрт аталантарма пур майсем те çителĕклĕ. Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизацин обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне ӳстерес, сĕт, аш-какай, çăм, çăмарта ытларах илес тĕлĕшпе конкретлăрах ĕçлемелле, ку енĕпе хуçалăхри мĕнпур резервсемпе туллин усă курмалла.

М. КУСТИКОВ.

## Уравниловка дисциплинăна хавшатать

ЧУРАЧĂК. «Прогресс» колхоз членĕсем 1955 çулта вăйлă тырпул çитĕнтерчĕç. Кашни гектартан вăтам шутпа 15-шер центнер тырпул пухса кĕртнĕ. Уйрăм бригадăсем тырă тухăçлăхĕ пысăкрах. К. Яковлев юлташ ертсе пыракан 5-мĕш бригада кашни гектартан 17-шер центнер ытла тырпул пухса кĕртнĕ. Ку бригада ĕçченĕсем кашни гектартан 29-шар центнер пăрçа, 19-шар центнер сурхи тулăпа урпа туса илчĕç. 6-мĕшпе 7-мĕш бригадăсенче те тĕштырă культурисен тухăçлăхĕ колхозри вăтам хисепрен чылай пысăкрах. Çав вăхăтрах колхозра ытти бригадăсенче тĕштырăсен тухăçлăхĕ пĕчĕк. Çакă вăл бригадăсем пĕр пек ĕçлемерен килнĕ.

Апла пулин те, колхоз правленийĕ тупăшра кам мĕн чухлĕ тырпул пухса кĕртнине шута илсе мар, уравниловка йĕркипе валеçет.

Ку малта пыракан бригадăсенчи колхозниксене хытах пăшăрхантарать, ĕç дисциплинине хавшатать.

Колхозра çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсен ĕçне те уравниловка тăрăх шута илеççĕ. Çавна пула ĕнтĕ фермăсен тухăçлăхĕ ӳсмест.

## Руководительсем чунсăр пулсан

Ку хĕрарăма эпир Канашри строительствăпа монтаж кантурĕнче тĕл пултăмăр. Вăл профсоюз комитетĕнчен хуллен утса тухрĕ те коридорти тенкел çине пырса ларчĕ. Ăна кунта ĕçлекенсем лайăх паллаççа çитнĕ пулас, ун патĕнчен иртсе кайнă чух, кашниех сăмах хушать.

— А-а, Акулина Яковлевна! Сывлăху епле?!

— Семен Степановичăн сывлăхĕ тата мĕнле?

Вĕсене хирĕç вара Акулина Яковлевна, ним калама аптраса, пĕр ответ çеç пама ĕлкĕрет:

— Питĕ япăх. Кантурти пуçлăхсем манпа калаçасшăн та мар. Мĕн тумалла? Хам та пĕлместĕп. Ыран каллех килме хушрĕç.

Акулина Яковлевна Степановăн хуйăхĕ чăнахах пысăк. Вăл, совет саманинче çуралса пĕр хуйхă-суйхă курмасăр ӳснĕскер, кун пек инкек-синкек пулса тухасса нихçан та шухăшламан.

Инкекĕ ăнсăртран çапла пулса тухнă иккен: 1955 çулхи сентябрĕн 22-мĕшĕнче унăн упăшки, Семен Степанович Степанов, больницăна вырттарнă пирки, ĕçе тухайман.

Унтанпа чылай вăхăт иртрĕ. Халĕ те вăл больницăра выртать. Больницăра ĕçлекенсемпе, хăйпе пĕрле выртакан ытти чирлĕ çынсемпе калаççа лăпланать. Вăл кашни кун юратнă арăмĕ мĕнле те пулин çĕнĕ хыпар пĕлтерессе кĕтет. Çук, кун хыççăн кун, эрне хыççăн эрне, уйăх хыççăн уйăх иртет—чуна лăплантаракан хыпар илтеймест. Вăл хăй ĕçленĕ кантурти пуçлăхсемпе курса калаçасшăн, вĕсене, май килсен, хăй патне пырса калаçма ыйтать. Ку таранччен ун патне пырса каякансем çук-ха.

Акулина Яковлевна вара иртнĕ уйăхсем хушшинче пулăшупа канашсем ыйтса вуншар хут строительствăпа монтаж кантурне çитнĕ, руководительсемпе тĕл пулса калаçнă, вĕсем патне заявленисем çырса панă. Пĕрремĕш хутĕнчех кантура пырса упăшкин пысăк инкекĕ çинчен пĕлтерсен, ăна кадрсен пайĕнче çапла ответ панă:

— Ун çинчен пĕлетпĕр эпир. Укçа кирлĕ пулсан, расчет илме пултаратăр,—тенĕ.

Тепĕр хут пырсан вара ăна пĕр тăхтаса тăмасăрах Семен Степанович Степанов 1955 çулхи сентябрĕн 22-мĕшĕнче (инкек хыççăн тепĕр кунне) ĕçрен тухнă тесе 301-мĕш номерлĕ хут тыттарнă. Ĕç кĕнеки çине те çав кунах (сентябрĕн 22-мĕшĕнче) сывлăх пирки ĕçрен хăтăрнă тесе паллă туса хунă.

Кун хыççăн Акулина Яковлевна районти социальнăй обеспечени пайĕнче, райсовет, хула Совет исполкомĕсенче пулать, Хусан чугун çулĕн строительство трестне çыру çырать, çемьери пысăк инкек çинчен пĕлтерет, канашсем ыйтать. Ăна пур çĕрте те тенĕ пекех упăшки ĕçленĕ çĕре кайма сĕнеççĕ, хăшĕсем укçа парса та пулăшаççĕ. Çынсем хушнă май чăн та А. Степанова кантур начальникĕ Н. Болдыш патĕнче те, профсоюз комитечĕн председателĕ Г. Запотько патĕнче те, кадрсен пайĕн заведующийĕ, вăлах партбюро секретарĕ Н. Архипов патĕнче те пулать, кăшт та пулсан пулăшу пама тархаслать.

— Пирĕнтен пулăшу ан кĕтĕр, пулмасть,—тет ăна Н. Архипов.

— Кăшт та пулин пулăшу пама тивĕçлĕ, анчах укçа çук, больничнăй листок тăрăх тӳлеме кадрсен пайĕнчен хушмаççĕ,—ăнлантарма пăхать профсоюз комитечĕн председателĕ Г. Запотько.

Акулина Степанова вĕсене тĕрлĕ справкăсемпе ăнлантарса пама хăтланать. Акă вĕсенчен пĕри, ăна хулари больницăран пичет пуссах панă.

«Сăмаса пăхнă хыççăн çакă палăрчĕ,—тенĕ справкăра.—Чирлĕ çын (С. Степанов) сентябрĕн 21-мĕшĕнче ĕçрен таврăннă чухне 19 сехетре çул çинче йывăр аманнă...»

Акă тата тепĕр документ. Ăна ĕç хыççăн киле килме пĕрле тухнă платниксем В. Григорьевпа Н. Серазов çырса панă.

«Сентябрĕн 21-мĕшĕнче ĕç хыççăн эпир, Степановпа пĕрле, виççĕн çуранах киле килме тухрăмăр. Вăл кун автомашина ярса памарĕç. С. Степанов юлташ ура тарланă, çула май каякан машинăсене кĕтетĕп, тесе юлчĕ. Çак кун вăл пирĕнтен (ĕçленĕ çĕртен) нисталла та уйрăлса кайман, ĕçни пулман», тенĕ.

Çук, кантур руководителĕсем ку хутсем çине çаврăнса та пăхасшăн мар.

— Хут çине тем те çырма пулать. Платниксем те тем те калама пултараççĕ. Анчах пирĕншĕн факт: Степанов ĕçленĕ вăхăтра аманман,—тет Н. Болдыш хутсене вуласа тухнă хыççăн.

...Виççĕмĕш уйăх Акулина Степанова строительствăпа монтаж кантурĕнчи кабинетсем тăрăх çӳрет. Кăшт та пулсан пулăшу илме мар, упăшкин больничнăй листокĕ тăрăх та укçа илеймест вăл. Ăна С. Степановăн ăнсăртран пулнă ĕçĕ çинчен калакан хут та памаççĕ, акт та çырмаççĕ.

— Актне çырса пама пулать, ыран килсе пăхăр,—тесе лăплантарма пуçларĕç юлашки вăхăтра профсоюз комитетĕнче.

Ку сăмахсем хыççăн та Акулина Яковлевна кантура ултă-сичĕ хут çитрĕ. «Ырансем» çав-çавах ырана тăсăлса пыраççĕ.

А. Степановăпа С. Степанов тĕрĕслĕх шыраççĕ. Вĕсене пулăшу кирлĕ. Çемьере икĕ пĕчĕк ача пур. Хваттере хутса ăшăтма вутă-шанкă та кирлĕ. Кусем çинчен строительствăпа монтаж кантурĕнчи руководительсем те аван пĕлеççĕ.

— Паллах, пĕлетпĕр. Мĕн тăвас, çавăн пек пулса тухрĕ ĕç,—теççĕ кантурта ĕçлекенсем.

Шанас килет: тивĕçлĕ органсем ку ĕçпе тĕплĕнрех интересленĕç, чунсăр руководительсене закон тăрăх йĕркене кĕртĕç.

Х. ЛИСИН.
(Хамăр корр.).

## Финанс органĕсен ревизи тăвассине лайăхлатмалла

Государство бюджетĕнче пăхнă укçа-тенкĕне тĕрĕс расходласси, ăна сыхласа хăварасси финанс органĕсен ĕçĕнчен нумай килет. Финанс органĕсен учрежденисемпе предприятисенче, организацисенче государство паракан укçа-тенкĕпе мĕнле усă курнине тĕрĕслесе тăмалла. Анчах та хăшпĕр исполкомсен финанс пайĕсем çак ĕçе кирлĕ пек туса пымаççĕ, ял Совечĕсемпе бюджет учрежденийĕсенче ревизи вăхăтра тумаççĕ, финанспа бюджет дисциплинине пăсакансене хирĕç кĕрешмеççĕ.

Акă, тĕслĕхрен, Улатăр райисполкомĕн финанс пайĕнех (заведующийĕ П. Иванов юлташ) илер. Улатăр районĕнчи ял Совечĕсемпе бюджет учрежденийĕсенче финанс дисциплинине сĕмсĕррĕн пăсаççĕ. Государство укçи-тенкине çаратнă фактсем те пур. Апла пулсан та районти финанс пайĕ вĕсене хирĕç татăклăн кĕрешмест. Финанс работникĕсем ревизисем вăхăтра тумаççĕ е тума пуçланă ревизисене туса пĕтермесĕрех пăрахаççĕ.

Финанс пайĕн бухгалтерĕ А. Канова иртнĕ çулхи июнь уйăхĕнче Явлей ял Советĕнче ревизи тума пуçăннă та туса пĕтермесĕрех пăрахнă. Ял Советĕнче бюджетпа финанс дисциплинине пăсни çинчен калакан фактсем пулнă, анчах ревизор вĕсене тупма тăрăшман. Ял Совет исполкомĕн председателĕ пулса ĕçленĕ И. Ключников ял Совечĕн йывăçне 1.843 тенкĕлĕх сутса укçине хăйĕн кĕсйине чикнĕ. Çичĕ çул вĕренмелли шкулта счетовод пулса ĕçлекен Т. Муратова кассăран 1.900 тенкĕ государство укçине илсе, хăйĕн çумне чикнĕ. Ял Совет бюджечĕ çинче тăракан учрежденисенче ĕçлекенсене ĕç укçи кашни уйăхрах вăхăтра парса тăман. 1.665 тенкĕ бюджетпа пăхман расходсем тунă. 5 пин тенкĕ ытла самообложени укçине гражданăсен пĕрлешӳллĕ пухăвĕсенче йышăнман ĕçсем тума расходланă.

Чуварлей ял Советĕнче те (председателĕ Е. Куропина юлташ) финанс дисциплинине тăтăшах пăсаççĕ. Ял Совет исполкомĕ ирĕклĕ пушар дружинине тытса тăма тесе кашни килтенех уйăхне 8-шар тенкĕ укçа пуçтарса пынă. Çав укçапа уйăхне 200 тенкĕ ĕç укçи тӳлесе, ял Совет канцелярийĕнче техничка тытса тăнă. Клуба тĕпрен юсама сметăпа пăхниинчен 5 пин тенкĕ ытла расходланă, бюджетпа пăхман ытти тăкаксем те тунă. Самообложени укçине вăхăтра пухман, 3 пин тенкине ĕççыннисем хушман ĕçсене тума тăкакланă.

Кун пек ял Совечĕсемпе бюджет учрежденийĕсем Улатăр районĕнче татах та пур. Вĕсем районти финанс пайĕ учрежденисенче бюджет дисциплинине пăхăнса ĕçленине вăхăтра тĕрĕслесе тăманни çинчен калаççĕ.

Улатăр хула Совет исполкомĕн финанс пайĕ те (заведующийĕ З. Бесчастнова юлташ) ревизи ĕçне çителĕклĕ туса пымасть. Хула исполкомĕн сутĕç пайне финанс пайĕнче ĕçлекенсем темиçе хутчен те тĕрĕсленĕ. Анчах 6-мĕш номерлĕ вăтам шкулти учительницăна М. Устимована ĕç укçи тата пенси тĕрĕс мар тӳленине палăртса, тивĕçлĕ мерăсем йышăнман. Устимова учительница пулса 25 çул ытла ĕçлетĕп тесе тĕрĕс мар документсем тăратнă, çапла вара 1954 çулхи сентябрьтен пуçласа уйăхне 374 тенкĕ пенси тата 120 тенкĕ ĕç укçи законсăр илсе пурăннă. Тĕрĕссипе вăл учительница пулса 25 çул мар, 22 çул анчах ĕçленĕ.

Финанс органĕсен хăйсен умĕнче тăракан ответлăха ӳстермелле. Вĕсен ревизи ĕçне тĕпренех лайăхлатас пулать. Пĕр квартал та, пĕр уйăх та ревизи туманни ан пултăр. Финанспа бюджет дисциплинине пăсакансемпе тата государство укçине çаратакансемпе пĕр хĕрхенмесĕр кĕрешмелле.

Г. ВОРОБЬЕВ.
ССР Финанс министерствин Чăваш республикинчи контролер-ревизорĕ.

## Çĕнĕ кĕнекесем

Чăвашсен государство издательстви çак кунсенче «Политшкулсенче вĕренекенсене пулăшма» ятлă вĕренӳ пособийĕ чăвашла пичетлесе кăларчĕ. Кĕнекере 548 страница, тиражĕ 5 пин экземпляр, хакĕ 5 тенкĕ те 95 пус.

Çĕнĕ учебнике çывăх кунсенче Чăвашкниготоргăн пур магазинĕсенче те сутма пуçлаççĕ.

Чăвашсен государство издательстви Василий Кучерявенко çырнă «Ирхи сывлăм çĕршывĕн юмахĕсем» ятлă кĕнекене чăвашла пичетлесе кăларчĕ. Кĕнекере 92 страница, хакĕ 1 тенкĕ те 45 [illegible]

Кĕнекере Корея тата Китай юмахĕсене пичетленĕ. Çитес [illegible] Чăвашкниготоргăн пур магазинĕсенче сутма пуçлаççĕ.

### ЧЕХОСЛОВАКИРИ К. ГОТВАЛЬД ЯЧĔПЕ ТĂРАКАН МЕТАЛЛУРГИ КОМБИНАЧĔ

ПРАГА, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Кунчицăри (Острава облаçĕ) Клемент Готвальд ячĕпе тăракан металлурги комбинатĕнче иккĕмĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче чугунпа хурçă шăратса кăларасси 25 процент ытла, прокат туса кăларасси 46 процент ӳснĕ.

Агентство пĕлтернĕ тăрăх, иккĕмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕнче—1960 çулта—çак комбинат Чехословакири чи вăйлă металлурги предприятийĕ пулать. Унта çĕнĕрен икĕ домна кăмаки, темиçе мартен кăмаки, виçĕ кокс батарейи тата тăватă прокат станĕ туса лартаççĕ.

### ИНДИРЕ «БХАРАТ ДАРШАН» ФИЛЬМ КĂТАРТМА ПУÇЛАÇÇĔ

ДЕЛИ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). «Таймс оф Индиа» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Индин информаципе радиовещани министерствин кинематографи пайĕ Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев юлташсем Индире пулни çинчен каласа паракан «Бхарат Даршан» («Индире пулни») ятлă фильма экрансем çине кăларать.

Январĕн 12-мĕшĕнче çак фильма Делире кăтартаççĕ, тепĕр кунне вара Бомбей, Калькутта, Мадрас, Бангалор хулисемпе ытти нумай хуласенче кăтартма пуçлаççĕ.

### ЮГОСЛАВИРИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРОИЗВОДСТВИ

БЕЛГРАД, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Политика» хаçатра каланă тăрăх, иртнĕ çулăн юлашки темиçе уйăхĕнче Югославире промышленность производстви ӳссе пыни палăрнă. 1955 çулхи 11 уйăх хушшинче промышленность 1954 çулхи 11 уйăхринчен 17 процент нумайрах продукци туса кăларнă.

Пĕлтĕрхи 11 уйăх хушшинче, 1953 çулхипе танлаштарсан, производство хатĕрĕсем туса кăларасси 13 процент, материалсем туса кăларасси 34 процент, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси 28 процент ӳснĕ.

### ИОРДАНИРИ ЛАРУ-ТĂРУ

КАИР, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Иорданири лару-тăру çав-çавах питĕ йывăр. «Аль-Гумхурия» хаçат çапла çырать: «Иордани хĕçпăшаллă лагере аса илтерет. Амманпа ытти хуласен урамĕсенче полиципе çар отрячĕсем çӳреççĕ, вĕсене бронемашинăсемпе тата танксемпе вăйлатнă». Урамсенче ятарласа паракан пропусксемпе кăна çӳреме юрать.

Хаçат çакна палăртать: Амманпа çĕршыври ытти хуласем хушшинчи çыхăну татăлнă. Çавăн пекех Иорданипе тулашри тĕнче хушшинче те йĕркеллĕ çыхăну çук. Демонстрантсене пăшалпа пеме çарсене приказ панă.

«Аль-Ахрам» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 7-мĕшĕнче демонстрантсемпе çар тата полици хушшинче пулса иртнĕ тытăçусем вăхăтĕнче Амманра тата Иерусалим хулин арабсем пурăнакан пайĕнче 8 çынна вĕлернĕ, 25 çынна амантнă.

### ИОРДАНИН ÇĔНĔ ПРАВИТЕЛЬСТВИ

ПАРИЖ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин Амманри корреспонденчĕ Иорданин çĕнĕ правительствин составĕ çинчен пĕлтернĕ. Премьер-министр тата шалти ĕçсен министрĕ вырăнĕсене Сами эр-Рифай йышăннă, ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ—Хусейн Фахри эль-Халиди.

### ДАНИРИ ĔÇСĔРЛĔХ

КОПЕНГАГЕН, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Квалификацисĕр рабочисен профсоюзĕн председателĕ Кристиан Ларсен пĕлтернине илсе кăтартса, «Ланд ог фольк» хаçат çапла çырать: хальхи вăхăтра Данири квалификацисĕр рабочисен профсоюзĕн 100 пин членĕн нимĕнле ĕç те çук.

## Индин иккĕмĕш пилĕк çуллăх планĕн проектне хатĕрлеççĕ

ДЕЛИ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Инди информаци агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: Нацин план комиссийĕ Индие аталантармалли иккĕмĕш пилĕк çуллăх план çинчен меморандум проекчĕ хатĕрленĕ. Наци аталанăвĕ ыйтăвĕсемпе ĕçлекен Совет ăн ялании комитечĕ çав проекта сӳтсе явас ĕçе вĕçленĕ. Комитет ларăвĕсене премьер-министр Неру председатель пулса ертсе пынă.

Комитет çапла йышăннă: хуçалăхра государство секторĕ майĕпен ытларах сарăлса пымалла, промышленноçăн тĕп отраслĕсем тата машинăсем тăвас ĕç уйрăмах анлă сарăлмалла. Государство сутуилĕвне тата страховани енĕпе государство туса пыракан ĕçсене вăйлатма кирли çинчен сĕнӳсем панă. Хальхи суту-илӳпе промышленность предприятийĕсен ĕçĕсем пуянлăх уйрăм хуçасен аллине пухăнасси патне илсе пымалла марри çинчен каланă. Çав вăхăтрах уйрăм хуçасен предприятийĕсем пур çĕрте, вĕсен хуçалăхĕсене ирĕклĕн аталанма майсем туса пама кирлине палăртнă. Плана пурнăçлама кирлĕ ресурссене нумайлатмалли çинчен сĕнӳсем панă.

Индие аталантармалли иккĕмĕш пилĕк çуллăх планăн проектĕнче государство секторне 48 миллиард рупий укçа пама палăртнă.

Меморандум тĕпчесе вĕренме хатĕрленĕ проект пулса тăрать, тенĕ премьер-министр Неру. Пилĕк çуллăха тунă план пĕтĕмĕшле задачăсене çеç кăтартса парать. Кашни çул валли конкретлă плансем туса хатĕрлес пулать. Ытлах та палăрса тăман секторсем пур, вĕсене те шута илес пулать. Çĕнĕ опытпа, çавăн пекех çĕнĕ информаципе усă курмалла. Çакна май малашлăх планĕсем пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине уйрăмах палăртнă.

Проектра çĕр участокĕсем мĕн пысăкăшĕ пулмалли çинчен, çĕре тара илекенсене унăн хуçи пулма правăсем памалли çинчен, çĕрпе пĕрлешсе усă курмалли çинчен, ялти самоуправлени çинчен панă сĕнӳсене комитет ырланă.

### *Аргентина общественноçĕ коммунистсен партийĕ 38 çул тултарнине паллă тăвать*

БУЭНОС-АЙРЕС, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Аргентина общественноçĕ Аргентинăри коммунистсен партийĕ 38 çул тултарнипе уявланă. Çав куна парти пĕрлĕхне çирĕплетме, парти речĕсене ӳстерме чĕнекен лозунгсемпе паллă туса ирттернĕ.

«Нуэстра палабра» хаçатра пичетлесе кăларнă статьяра Аргентинăри коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕ Виктор Ларральде хальхи вăхăтри лару-тăрура массăллă парти туса хума кирли çинчен каланă. Çавăн пек парти туса хума, тесе кăтартса панă вăл, «май пур тата кирлĕ те, мĕншĕн тесен рабочи класпа халăх эпир тĕрĕс политика тытса пынине ăнланаççĕ, пирĕн партие ытларах та ытларах кăмăллаççĕ». Хальхи вăхăтра коммунистсен партине çĕнĕ членсем илмелли кампани пуçланнă.

Коммунистсен партийĕ 38 çул тултарнă май виçĕ кун хушши уяв пулнă. Уява столицăри тата провинцисенчи ĕççынисем 100 пин çын ытла хутшăннă.

## Франциri политикăлла лару-тăру

ПАРИЖ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕнĕ правительство туса йĕркелес ыйту Францин политикăлла пурнăçĕнче тĕп вырăн йышăнса тăрать. Çĕнĕ Наци пухăвĕ январĕн 19-мĕшĕнче пухăнать, çавăн хыççăн хальхи правительство вырăнтан тухать.

Паян «Комба» хаçатра Францири социалистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Ги Молле тунă заявлени пичетленсе тухнă. Вăл «республика фрончĕ» (социалистсен, радикалсен тата ытти хăшпĕр партисен блокĕ) сылтăмри партисемпе союз тăвассине хирĕç тăни çинчен каланă. Çакăнпа пĕр вăхăтрах Ги Молле коммунистсен партийĕпе союз тума та килĕшмен.

Çакăнпа пĕрлех Ги Молле коммунизма хирĕçле политика тытса пыни ăнăççăр пуласси не йышăннă. «Республика фрончĕ» «коммунист-депутатсен сассисене сирсе ямĕ», тенĕ вăл. Ги Молле социалистсемпе радикалсем хушшинче, уйрăмах экономика ыйтăвĕсем тĕлĕшпе, хирĕçӳсем пуррине палăртнă.

Çак кунсенче пĕтĕм çĕршывĕпех халăх юхăмĕ анлă сарăлнă. Унта хутшăннисем сулахайри вăйсен представителĕсенчен — коммунистсенчен, социалистсенчен тата ыттисенчен тăракан правительство туса хума требовани лартаççĕ.

Нумай предприятисенче ĕççыннисен пухăвĕсемпе митингĕсем пулса иртеççĕ. Вĕсем çапла тума сĕнеççĕ: ĕççыннисен пурнăç условийĕсене лайăхлатасси, Çурçĕр Африкăра мир тăвасси, вĕрентĕвĕн гражданла, тĕнпе çыхăнман системине туса хурасси çавăн пек правительство программин никĕсĕ пулса тăмалла, теççĕ. Çак юхăм çумне нумай социалистсем хутшăннă.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Дуарненез хулинче (Финистер департаменчĕ) социалистсен партийĕн организацийĕпе коммунистсен партийĕн организацийĕ—иккĕшĕ пĕрле—халăха чĕнсе калани не пичетлесе кăларнă. Унта вĕсем январĕн 2-мĕшĕнчи суйлавра сулахайри вăйсем çĕнтернине ырлаççĕ. Чĕнсе каланинче коммунистсене, социалистсене, радикалсене тата ытти чăн-чăн республиканецсене хутшăнтарса халăх фрончĕн правительстви туса хурасси çинчен требовани лартнă.

Ĕнер социалистсен партийĕн Жиронда департаментĕнчи федерацийĕн конференцийĕ пулса иртнĕ. Конференци делегачĕсен чи пысăк пайĕ Алжирти вăрçа чарса лартма, миршĕн, ĕç укçине ӳстерессишĕн, налог системине улăштарассишĕн, вĕрентĕвĕн гражданла, тĕнпе çыхăнман системине туса хурассишĕн кĕрешме палăртакан программа-минимумшăн сасăланă. Конференци социалистсем католикла МРП партийĕпе тата сылтăмри ытти политикăлла партисемпе союз тăвас шухăша, пĕр кăмăлпа сасăласа, сирсе пăрахнă. Конференци делегачĕсем хĕснипе социалистсен партийĕн Жиронда департаментĕнчи федерацийĕн руководстви çапла пĕлтернĕ: руководство съезд йышăннă программа-минимума пурнăçлас ĕçе коммунистсене хутшăнтарма чарса тăракан нимĕнле мерăсем те йышăнма палăртмасть, тенĕ.

«Юманите» хаçат çапла пĕлтерет: Феньи хулинчи (Нор департаменчĕ) металлурги предприятийĕсенчи ĕççыннисем республика президенчĕ патне çыру янă, çав çырура вĕсем халăх фрончĕн правительстви туса хума требовани лартнă. Çавăн пек правительство кăна рабочи класс интересĕсемпе килĕшсе тăракан политика тытса пыма пултарать, тенĕ çырура. Сен-Дени-де-Л'Отельри (Луаре департаменчĕ) «Бенуа Ришар» предприятийĕнчи профсоюз организацийĕсем, Труа хулинчи (Об департаменчĕ) учительсен профсоюзĕ, Нантри чугун çул работникĕсем тата ыттисем те çавăн пек резолюцисем йышăннă.

### ЯПОНИ ПРЕМЬЕР-МИНИСТРĔН ПРЕДСТАВИТЕЛĔ НЕРУПА ТĔЛ ПУЛНИ

ДЕЛИ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер унта Япони премьер-министрĕн Хатоямăн представителĕ Такео Мики Инди премьер-министрĕпе Нерупа тĕл пулса калаçнă. Вăл Неруна Хатоямăн çырăвне панă. Çырура Хатояма хăй Инди премьер-министрĕпе тĕл пулма кăмăл туни çинчен пĕлтерет.

Тĕл пулса калаçнă хыççăн Такео Мики çапла пĕлтернĕ: премьер-министр Нерупа эпир тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсене тата Азире экономика тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлесси çинчен сӳтсе яврăмăр, тенĕ. Такео Мики каланă тăрăх, калаçу вăхăтĕнче Инди премьер-министрĕ Неру тĕнчери çĕршывсен Китай Халăх Республикине йышăнма кирлине палăртнă, çакă вăл Азире çирĕп мир тума кирлĕ, тенĕ.

«Индиан экспресс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Такео Мики Японипе Совет Союзĕ хушшинчи мирлĕ калаçусем ăнăçлă вĕçленессине шанса тăни çинчен каланă. Япони Китай Халăх Республикипе йĕркеллĕ çыхăнусем тытма тăрăшать, тенĕ вăл. Такео Мики каланă тăрăх, халĕ Японире влаçра тăракан парти Японипе Китай пĕрпĕрне йышăнччăр, пĕр-пĕрне усă кӳрекен суту-илӳ тума тытăнччăр тесе тăрăшать.

### «ЖЕНЬМИНЬЖИБАО» ХАÇАТ ЯПОНИ ХАЛĂХĔН ПУРНĂÇĔ ÇИНЧЕН

ПЕКИН, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Япони халăхĕн пурнăçĕ çинчен «Женьминьжибао» хаçат статья пичетлесе кăларнă.

Японире вăйлă аталаннă промышленность, тырпул лайăх ӳсекен уй-хирсем, пулă промыслисем пур, çапах та Япони халăхĕн пурнăçĕ ытларах та ытларах йывăрланса пырать, тенĕ статьяра. Ĕççĕр тăрса юлнисем тата эрнере виçĕ-тăватă кун кăна ĕçлекенсем çĕршывра 13 миллион çын шутланаççĕ. Пурнăç йывăр пирки хăйне хăех вĕлернисен шучĕ ӳссе пырать. Японин официальнăй сведенийĕсем тăрăх, 1954 çулта çĕршывра хăйне хăех вĕлернисем 20.424 çын пулнă. Çакă вара хăйне хăех вĕлернисем питĕ йышлă пулнипе юлашки 50 çул хушшинче уйрăмах палăрса тăракан çулталăк шутланать.

Японие Америка çарĕсем нумайранпа оккупацилесе тăнине пула Япони халăхĕ пысăк йывăрлăха лекнĕ, тенĕ статьяра. Вăрçă хыççăнхи вуиă çул хушшинче Америка çарĕсене тытса тăма кăна Япони 5.600 миллион доллар (Америка долларĕпе шутласан) расходланă, çак укçан хисепĕ Япони правительствин икĕ çулти бюджетĕнчи пĕтĕм укçа хисепĕнчен те пысăкрах. Çав вăхăтрах Америка влаçĕсем Японие васкавлăн хĕçпăшалланма тата çар валли тухакан расходсене ӳстерме хĕтĕртеççĕ. 1955 çулта Японин çар расхочĕсем 235.900 миллион иена пулнă. Ку вăл Япони çар ĕçĕ валли 1952 çулта чăннипе расходланă мĕнпур укçаран икĕ хут нумайрах.

Çаксем вара Япони экономикишĕн пысăк йывăрлăхсем кăларса тăратаççĕ, Япони халăхĕн пурнăçне тата та ытларах начарлатаççĕ.

### ЧИЛИРИ ЛАРУ-ТĂРУ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Америка агентствисем Сант-Ягоран (Чили) пĕлтернĕ тăрăх, Чилири лару-тăру ытларах та ытларах йывăрланса пырать.

Профсоюзсен центрĕ январĕн 9-мĕшĕнче пур çĕрте те забастовка пуçласси çинчен пĕлтернĕ пирки, январĕн 6-мĕшĕнче президент Ибаньес дель Кампо осаднăй йĕрке туса хунă. Сант-Ягона 30 пин салтак илсе пынă. Полици профсоюзсен руководителĕсемпе ытти руководительсене 250 çынна, çав шутра Чилири ĕççыннисен пĕрлĕхлĕ профсоюзĕсен центрĕн председательне Блеста та арестленĕ.

Юнайтед Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, шалти ĕçсен министерстви профсоюзсен 25 руководительне тата хаçатсен икĕ работникне Писагуа хулине кăларса яни çинчен пĕлтернĕ. Çак хулара концентрациллĕ лагерь пур.

## КОЛХОЗСЕНЧИ ФИЗКУЛЬТУРА КОЛЛЕКТИВĔСЕН ĔÇНЕ ЛАЙĂХЛАТНИ КИРЛĔ

Партипе правительство физкультурăпа спорт ĕçне аталантарма куллен тăрăшнипе хавхаланса, ялсенчи çамрăксем спорт занятийĕсене активлăн хутшăнаççĕ. Вăрнарпа Чкаловски районĕсенчи пур колхозсенче те физкультура коллективĕсем пур.

Вăрмар районĕнче 1955 çулта колхозсенчи спортсменсемпе 126 ăмăрту ирттернĕ. Районта çăмăл атлетика, волейбол, футбол, велосипед, йĕлтĕр, шашка-шахмат тата ытти енĕпе те секцисем ĕçлеççĕ.

Физкультура организацийĕсен ĕçне ГТО комплексне пурнăçлани тăрăх хаклаççĕ. 1955 çулта республикипе илсен, физкультурниксемпе физкультурницăсем 21 пин çын, çак шутран «Колхозник» спорт обществин—5 пин членĕ ГТО значокĕн нормисене панă. Анчах та чылай районсенче ку енĕпе çав-çавах начар ĕçлеççĕ-ха. Физкультура организацийĕсем нимĕн те туманнине кура Кувакино районĕнче 1955 çулта пĕр çын та ГТО значокĕн нормине паман. ГТО значокĕн нормисене парасси, разрядник-спортсменсем хатĕрлесси çавăн пекех Çĕрпӳ, Йĕпреç, Комсомольски, Советски, Сĕнтĕр, Çĕмĕрле районĕсенче питĕ çителĕксĕр пырать.

Республикăри колхозсенче физкультурăпа спорт ĕçне хакламаннипе тĕрех килĕшсе пурăнма çук. Халĕ республикипе 631 физкультура коллективĕ, вĕсенче 16.227 физкультурникпа физкультурница. Вырăнсенчи комсомолпа физкультура организацийĕсем спортпа физкультура ыйтăвĕпе куллен интересленсен, «Колхозник» спорт обществи членĕсен йышĕ нумай ӳсĕччĕ.

1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕччен «Колхозник» спорт обществин ертсе пыракан органĕсенче отчетпа суйлав пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Отчетпа суйлав пухăвĕсем ирттерни май колхозсенчи физкультура коллективĕсен ĕçне тĕпрен лайăхлатма, çĕнĕрен çĕршер çамрăксемпе хĕрсене физкультурăпа спорт занятийĕсене хутшăнтарма тăрăшмалла. Кунпа пĕрлех ялсенчи çамрăк колхозниксемпе колхозницăсене партипе правительство ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлас ĕçе активлăн хутшăнтармалла.

«Колхозник» спорт обществин вырăнсенчи коллективĕсенче отчетпа суйлав пухăвĕсем пуçланнăранпа икĕ уйăх иртрĕ. Анчах Чкаловски, Элĕк, Çĕрпӳ, Октябрьски, Ишлей районĕсенчи «Колхозник» спорт обществин Совечĕсем, физкультурăпа спортăн комитечĕсем тата ВЛКСМ райкомĕсем спорт обществин задачисемпе тĕллевĕсене ялсенчи çамрăксене çителĕксĕр ăнлантарса параççĕ. Çакна пулах ĕнтĕ чылай колхозсенче халĕ те физкультура коллективĕсем çук. Республикăри сахал мар колхозсенче физкультурăпа спорт ĕçне начар организациленĕ, хăшпĕр малта пыракан колхозсемех «Колхозник» спорт обществин юридически членне кĕмен.

Колхозсенчи физкультура коллективĕсене Шупашкар, Канаш, Улатăр тата ытти хуласенчи предприятисемпе шкулсенчи физкультура организацийĕсем, «Буревестник», «Спартак», «Энергия», «Динамо» спорт обществисем активлăн пулăшмалла. Халĕ хуласенчи спорт обществисем ялсенчи физкультура коллективĕсемпе начар çыхăну тытаççĕ-ха.

Кунпа пĕрлех ВЛКСМ обкомĕ те «Колхозник» спорт обществин ĕçĕпе çителĕксĕр ĕçленине палăртмалла. 1955 çул пуçламăшĕнче комсомол обкомĕ ялсенчи клубсемпе вулав çурчĕсем хушшинче массăллă спорт ыйтăвĕпе смотр-конкурс ирттерме йышăннăччĕ. Смотр итогĕсене пăхса тухма вăхăт иртрĕ пулин те, ВЛКСМ обкомĕнче смотр-конкурс ирттерме йышăннă решени пирки аса та илмеççĕ.

Ялсенчи физкультура организацийĕсен ĕçне тĕпренех лайăхлатма, колхозсенчи физкультурниксемпе физкультурницăсене РСФСР-ти тата СССР-ти халăхсен спартакиадисене лайăхрах хатĕрленме пулăшмалла.

Г. ХАЙКИН.
«Колхозник» спорт обществин Чăваш Совечĕн председателĕ.

## Республикăри XXI-мĕш шахмат чемпионачĕ

Республикăри XXI-мĕш шахмат чемпионатĕнчи пиллĕкмĕш турта Родионов Муртазинран выляса илчĕ. Гуляев, вăйă пуçламăшĕнчех фигура выляса илсе, Казакова çĕнтерчĕ. Москалев республика чемпионне Чугунова выляса ячĕ. Петров шахматист, чи малтан пешка тата ун хыççăнах фигура выляса илсе, Романова çĕнтерчĕ. Игумнов—Яковлев партийĕнче Игумнов çĕнтерес пек туйăнатчĕ. Анчах та цейтнот вăхăтĕнче тĕрĕс çӳременнине пула вăл фигура выляса ячĕ, вăхăт çитменнине пула унăн парăнмалла килсе тухрĕ. Çапла вара Яковлев тăваттăмĕш шахматистран выляса илчĕ.

Пĕрремĕш разрядри шахматистсен — Сиротинпа Шупашкар хули чемпионĕн Никитинăн партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Соболевпа Тямин партине тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă. Ку партире Тямин позицийĕ лайăхрах тата унăн ытлашши пĕр пешка пур.

Шахматистсен ăмăртăвне курма çӳрекенсем улттăмĕш турта пуринчен ытла Никитинпа Яковлев вылянипе интересленчĕç. Вăхăт нумаях та иртмест, Никитин хăйĕн ладьине выляса ярать. Анчах та çакăн хыççăн Яковлев, тĕрĕс çӳременнине пула, хăйĕн ладьипе икĕ çăмăл фигурине парать. Çакна кура Никитин тапăнса пыма тытăнчĕ. Вăл ладья выляса илчĕ, унтан Яковлева çĕнтерчĕ. Петров, вăйă пуçламăшĕнчех фигура выляса илсе, Казакова çĕнтерчĕ. Тяминпа выляна чухне Гуляевăн ытлашши пешка пурччĕ. Çавах та вăл асăрханманнине пула выляса ячĕ. Республика чемпионĕ Чугунов улттăмĕш турта Романовпа тĕл пулчĕ. Чугунов выляса ярас пек туйăнатчĕ, анчах та вăл, Романов пĕр хушă начар вылянине кура, çак вăйăра çĕнтерчĕ. Сиротин Москалевран выляса илчĕ. Муртазинпа Соболев партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Игумновпа Родионов партине тепĕр чухне выляса пĕтермелле тунă.

Улттăмĕш тур хыççăн Родионов малта пырать. Вăл пилĕк парти выляса илнĕ тата унăн выляса пĕтермен тепĕр парти пур. Ултă вăйă хыççăн Яковлев 4,5 очко, Чугунов пилĕк партирен 4,5 очко. Сиротин ултă партирен 4 очко, Никитин пилĕк партирен 4 очко пухнă.

В. СЕРГИЕВСКИЙ.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

### Вырăнти вăхăтпа

**Январĕн 12-мĕшĕнче**

8.20—«КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ техникăлла прогресăн пĕлтерĕшĕ пирки» ятлă лекци. 8.40—Федор Васильев çырнă симфониетта. 8.55—Пĕлтерӳсем. 18.30—Çĕнĕ хыпарсем чăвашла. 18.50—КПСС историне вĕренекенсене пулăшма «СССР Союзĕнче социализм тумалли ленинла план» ятлă лекци. 19.20—Радио итлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт. 19.45—Çĕнĕ хыпарсем вырăсла.

**Январĕн 13-мĕшĕнче**

8.20—«Коммунизм ялавĕ», «Советская Чувашия» тата «Çамрăк коммунист» хаçатсен обзорĕ. 8.55—Пĕлтерӳсем. 18.30—Çĕнĕ хыпарсем чăвашла. 18.50—А. С. Попов виличĕренпе 50 çул çитнĕ май «Вырăссен паллă ученăйĕ, радио шухăшласа кăлараканĕ» ятлă калаçу. 19.05—Пионерсемпе шкул ачисен передачи. «Хатĕр пул» радиожурнал. 19.25—Литература передачи. Инди писателĕ Мулк Радж Ананда çырнă «Банан йывăçĕ» ятлă калав. 19.45—Çĕнĕ хыпарсем вырăсла.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

**ТЕАТР**

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ. Январĕн 11-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Живой портрет» кăтартаççĕ. Спектакль 19 сехет те 30 минутра пуçланать.

«ЭЛЕКТРИК» КЛУБРА. Январĕн 12-мĕшĕнче Чăваш АССР вырăс драма театрĕн спектаклĕ «Люська». Спектакль 20 сехетре пуçланать.

**КИНО**

«РОДИНА». Январĕн 11-мĕшĕнче, 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче «Васек Трубачев и его товарищи», 16, 18.15, 20, 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче «Таланты и поклонники» кăтартаççĕ.





*Врач канашĕ*

## Трахома тата ăна сыватасси

Трахома тесе куç хупанкин шал енчи лăймака витĕмĕн чирне калаççĕ. Куç чирĕсем хушшинче трахома чи йывăр та хăрушă чир шутлавать, вăл çынтан çынна куçать. Çак чир ерсенех куç хупанкин лăймака витĕмĕ хĕрелсе каять, унтан кăшт шыçать, ун çинче сарăрах тĕслĕ шатрасем—фолликулăсем тухаççĕ. Малтанах фолликулăсем сахал пулаççĕ, каярахпа куç хупанкин шал енне йышлăн тапса тухаççĕ.

Сын трахома ернине часах сисеймест. Куçран куççуль юхать, пӳрленет, куçа хăйăр кĕнĕ пек туйăнать. Каярахпа куç тăтăшах хĕрелсе çӳреме тытăнать, ыйхăран вăрансан, пӳр хытса ларнипе, пит çумасăр та куçа уçса пăхма çук. Ку трахома чирĕн пирвайхи тапхăрĕ—пĕрремĕш стадийĕ, вăл темиçе уйăха пырать. Пурăна-киле фолликулăсем ӳсе шăтаççĕ, вĕсем вырăнне шурăрах тĕслĕ çĕвĕсем пулса лараççĕ. Çавнашкал çĕвĕсем çулти куç хупанки çинче уйрăмах паллă.

Куç хупанкисем çинче шатрасем те, çĕвĕсем те пур пулсан, çав тапхăра трахомăн иккĕмĕш стадийĕ теççĕ. Ку стади темиçе çул та тăсăлма пултарать. Виççĕмĕш стадире çĕвĕсем ытларах, фолликулăсем вара сахал пулаççĕ е пачах пулмаççĕ.

Тăтăнах тата йĕркеллĕ эмелленсен трахома пĕтет, куç хупанкисен шыççи чакать, лăймака витĕм çинче яка çĕвĕсем—трахома чирĕн паллисем çеç юлаççĕ. Ку вăл тăваттăмĕш стади е трахомăран сывалнă тапхăр.

Чирлĕ çын вăхăтра эмелленме тытăнмасан е вăхăтран вăхăта çеç эмелленет пулсан, ун пек чухне куç вăйĕ чакма е пачах суккăрланма пултарать.

Трахома чирлĕ çыншăн кăна мар, унпа хутшăнакансемшĕн те, уйрăмах килйышсемпе ачасемшĕн хăрушă. Наука вĕрентнĕ тăрăх, трахомăпа калама çук вĕтĕ вируссем чирлеттереççĕ. Çав вируссене электроннăй микроскоп витĕр çеç курма пулать. Трахома вирусĕсем чирлĕ çынăн куçĕнчи пӳрте, куç хупанкисен лăймакаллă витĕмĕн çиелти сийĕсенче нумай. Вирусĕсем куççульпе пĕрле сăмсана анаççĕ. Пĕрремĕш, иккĕмĕш, виççĕмĕш стадири трахомăллă çынтан чир ытти çынсене сиксе кет. Тăваттăмĕш стадири трахома ун пекех хăрушă мар.

Чирлĕ çынтан сывă çынна трахома тĕрлĕ майпа ерме пултарать. Трахомлă çын куçĕнчи пӳр сывă куçа лекет, çавăнпа чирлĕ çыннăн япалисемпе усă курма, пĕр алшăллипе шăлăнма юрамасть. Çавăн пекех минтер, вырăн таврашĕсем, савăт-сапа харпăр хăйĕн пулмалла. Мунчара пĕр савăт-сапаран çăвăнсан та трахома ерет.

Чирлĕ амăшĕ, асламăшĕ е ача пăхакан çын ача куçне хăйĕн тутăрĕпе, саппун аркипе, аллипе шăлсан, е пит-куçне çăварпа пĕрĕхсе çусан трахома ертме пултараççĕ.

Трахомăна шăнасем те сараççĕ. Сыврăлакан çыннăн куçĕнчи пӳрпе унăн урисем вараланаççĕ, вара вăл сывă çын куçĕ çине вĕçсе ларать. Ачасене трахома пĕр-пĕрин теттисемпе вылясан та, шкулта пĕр-пĕрин кĕнекисемпе усă курсан та ерет.

Трахомăна пĕтерес тесен çемьере, ялта, районта чирлисене пурне те пĕр харăс сыватма пуçламалла. Чирлисене тăрăшса сыватса, эпир икĕ тĕллеве ăнăçлă пурнăçлама пултаратпăр: чирлĕ çынна нумай çулсем хушши сывă куçлă, ĕçлеме пултаракан тума тата чир çăлкуçне тĕппрен пĕтерме пултаратпăр.

Трахома пункчĕсемпе больницăсенче эмелленисĕр пуçне трахомлă çемьесенче йăла условийĕсене лайăхлатни, санитари культурине ӳстерни кирлĕ. Çемьере кашнин алшăлли, минтер, сăмса тутăрĕ тата вырăн таврашĕсем уйрăм пулмалла. Куçа алăпа, пуçри тутăр кĕтессипе, кĕпе аркипе, саппунпа шăлас йăлана пăрахмалла, кил-çурта, çан-çурăма яланах таса тытмалла.

Чирлĕ çыннăн мунчара уйрăм савăт-сапапа усă курмалла, çăвăннă хыççăн ăна вĕри шывпа чӳхесе тасатмалла.

Хальхи вăхăтра трахомăран сыватма пур майсем те çителĕклĕ, çавăнпа кашни чирлĕ çынна тăтăшах йĕркеллĕ эмеллессине йĕркелени çеç кирлĕ. Ялта трахомлă çын хăйсен ялĕнчи трахпунктра е фельдшер пунктĕнче сывалать. Врачсен унта час-часах пырса чирлисен куçĕсене пăхмалла, сестрасене фельдшерсен ĕçне тĕрĕслемелле, вĕсене усăллă канашсем памалла.

Совет ученăйĕсем трахомăпа кĕрешмелли меслетсене лайăхлатса пыраççĕ, çĕнĕрен те çĕнĕ эмелсем шутласа тупаççĕ. 1950 çултанпа синтомицин текен препаратпа усă курни лайăх результатсем пачĕ. Çак препаратпа эмеллесе, пирĕн республикăри хăшпĕр районсенче чылай пысăк çитĕнӳсем тунă. Вăрнар районĕнче чирлисен 76 процентне, Куславкка районĕнче—75 процентне, Елчĕк районĕнче—66 процентне сыватнă. Синтомицинпа кунне икĕ хут эмеллени лайăх.

Трахомăран сываласси ăнăçлăхĕ çыннăн организмĕнчен те килет. Нумай вăхăт хушши йĕркеллĕ эмеллесе те сывалмасть пулсан, ун пек çыннăн сывлăхне ăш чирĕсенчен сыватакан врача тĕрĕслеттермелле. Унăн сывлăхне тĕреклетсен е, сăмахран, шĕвĕрлченсене пĕтерсен, трахомăран часрах тасалма пулать.

Пирĕн республикăра трахомăна çитес икĕ çул хушшинче пĕтерме майсем çителĕклĕ. Медицина работникĕсем çак задачăна пурнăçлассишĕн тăрăшаççĕ те. Паллах ĕнтĕ, общественность пулăшмасан çав задачăна пурнăçлама йывăртарах. Ку ĕçе медицина работникĕсемпе пĕрле учительсен те, комсомол тата пионер организацийĕсен те хутшăнмалла, ĕççыннисен санитари культурине ӳстерессишĕн, кашни сынна медицина пунктне сывалма тăтăш çӳреттерессишĕн кĕрешмелле.

А. ШУЛЬПЕНКОВА.
Чăваш АССР сывлăх министерствин главнăй окулисчĕ, медицина наукисен кандидачĕ.


РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00313 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 18. Тираж 37.000 экз.